ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Август
9
ВЫРСАРНИКУН
№ 156 (9065)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

**Ĕнер СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ хăйĕн ĕçне вĕçленĕ.**

**Союз Совечĕпе Национальноçсен Совечĕн юлашки пĕрлехи ларăвĕнче ССР Союзĕн Министрсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ сăмах тухса каланă.**

**СССР Верховнăй Совечĕ пĕр саслă пулса, ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен Закон, ялхуçалăх налогĕ çинчен Закон йышăннă тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕсене çирĕплетнĕ.**

## СССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔН ЛАРĂВĔ

# *СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Г. М. МАЛЕНКОВ юлташăн сăмахĕ*

Депутат юлташсем! Правительство СССР Верховнăй Совечĕн çак сессийĕнче пăхса тухма тăратнă Государство бюджечĕн проекчĕ халăх хуçалăхне 1953 çулта—пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн виççĕмĕш çулĕнче аталантармалли заданисене пурнăçлама кирлĕ чухлĕ укçа-тенкĕ парса тăма май парать, пилĕкçуллăха пурнăçлани пирĕн çĕршывра коммунизмла общество тăвас ĕçре пысăк утăм туни пулать.

Государство бюджечĕ Совет Правительствин тата пирĕн партии политикине — социализмла халăх хуçалăхне аталантарса тата пĕрмаях çĕклентерсе пымалли политикăна палăртса тăрать.

Бюджетăн пĕтĕм тупăшĕсенчен,—вăл 543 миллиард та 357 миллион тенкĕ шутланать,—чи пысăк пайĕ—86 проценчĕ промышленноçран, ялхуçалăхĕнчен тата халăх хуçалăхĕн ытти отраслĕсенчен кĕрет. Хăй черечĕпе бюджетăн расходĕсенче те халăх хуçалăхне укça парса тăрасси чи пысăк статья пулса тăрать.

Халăх хуçалăхне малалла аталантарма 1953 çулхи бюджетпа 192,5 миллиард тенкĕ пама палăртнă, тепĕр майлă каласан, вăл бюджетăн пĕтĕм расхочĕсенчен 36 процент ытла пулать, пĕлтĕр çав расходсем 178,8 миллиард тенкĕ пулнă. Бюджетран укçа панисĕр пуçне, халăх хуçалăх планĕпе килĕштерсе, çав тĕллевсем валлиех предприятисемпе хуçалăх организацийĕсен усламĕсенчен тата вĕсен ытти çăлкуçĕсенчен пулакан укçана 98 миллиард тенкĕ яхăн уйăрса параççĕ. Çапла вара, халăх хуçалăхне кăçал пĕтĕмпе 290 миллиард тенкĕ ытла уйăрса параççĕ, 1952 çулта 265 миллиард тенкĕ панă пулнă. Кунта çакна шута илес пулать: хаксене йӳнетнипе укçан тавар туянас пултарулăхĕ ӳсрĕ, çапла вара, халăх хуçалăхне укçа-тенкĕ уйăрса парасси тата ытларах ӳсет. Халăх хуçалăхне аталантарма уйăрса панă укçа-тенкĕ халăх пурнăçне малалла лайăхлатмалли тата пирĕн çĕршывăн оборона пултарулăхне тата ытларах тĕреклетмелли никĕс пулса тăракан обществăлла производствăна вĕçĕмсĕр ӳстерсе пыма май парать.

Государство бюджечĕ Совет государстви ĕççыннисен пурнăçĕн материальнăй тата культурăллă шайне тăтăшах ӳстерсе пыма тăрăшнине кăтартса парать.

Халăха вĕрентес, сывлăха сыхлас ĕçсем енĕпе, социальнăй-культурăллă мероприятисем енĕпе, пенсисем тӳлеме каякан расходсем, çавăн пекех халăха заемсем тăрăх паракан тӳлевсем кăçал 139,5 миллиард тенкĕ пулаççĕ, çав расходсем 1952 çулта 129,5 миллиард тенкĕ пулнă. Унсăр пуçне ваккăн сутакан государственнăй хаксене йӳнетме бюджетран укçа-тенкĕ расходланă, вĕсем халăха çулталăкра 46 миллиард тенкĕлĕх усă кӳреççĕ, халăхăн материальнăй пурнăçне лайăхлатма бюджет шучĕпе тата ытти чылай ĕçсем туса ирттернĕ.

Çапла вара халăх кăçалхи бюджет шучĕпе пĕтĕмпе 192 миллиард тенкĕ илет, çакă вăл бюджетри пĕтĕм расходсен 36 процентĕнчен ытларах пулать, иртнĕ çулхине 147 миллиард тенкĕ илнĕ пулнă. Çав вăхăтрах ĕççыннисем хăйсен тупăшĕсенчен налогсем тата ытти тӳлевсем парса, заем çырăнса илсе бюджета 65 миллиард тенкĕ хываççĕ, е иртнĕ çулхинчен 21 миллиард тенкĕ сахалтарах хываççĕ. Çапла вара, кăçал рабочисем, колхозниксем, служащисем бюджетран хăйсен тупăшĕсенчен бюджета хывнинчен 127 миллиард тенкĕ ытларах илеççĕ; 1952 çулта халăх хăй бюджета хывнинчен бюджетран 61 миллиард тенкĕ ытларах илнĕ пулнă.

Государство бюджетĕнче оборона валли 110,2 миллиард тенкĕ расходлама палăртнă. Çак укçа-тенкĕ хисепĕ бюджетри мĕнпур расходсен 20,8 проценчĕ чухлĕ пулать, 1952 çулта 23,6 процент пулнă.

Оборона валли çавăн чухлĕ укçа-тенкĕ уйăрса пама сĕнсе, Правительство çакна асра тытать: пирĕн Тăван çĕршывăн хăрушсăрлăхне туса хурас тесе, Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕнчи халăхсен мирлĕ пурнăçне пăсма хăтланакан агрессора таткăлă отпор пама хатĕр пулас тесе, пирĕн советлă Хĕçпăшаллă Вăйсене ывăнма пĕлмесĕр тĕреклетсе тата вăйлатса пырас пулать. **(Тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ).**

## I.

## Промышленноçпа ялхуçалăхĕ енĕпе вăраха ямасăр пурнăçламалли задачăсем çинчен тата халăхăн материальнăй пурнăçне малалла лайăхлатмалли ĕçсем çинчен

Юлташсем! Бюджет çинчен сӳтсе явнă май, эпĕ промышленноçпа ялхуçалăхĕ енĕпе вăраха ямасăр пурнăçламалли задачăсем çинчен каласшăн, çав задачăсене татса пани пире хамăрăн тĕп задачăна ăнăçлă пурнăçлама—рабочисен, колхозниксен, интеллигенцин, мĕнпур совет çыннисен материальнăй пурнăçне малалла лайăхлатма май парать.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçулăхри хуçалăх итогĕсем, иртнĕ 1951 тата 1952 çулсенчи итогсем пекех, пирĕн промышленноçăн пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план заданийĕсене ăнăçлă пурнăçласа пынине кăтартса параççĕ. 1953 çулта промышленноçăн производстви калăпăшĕ вăрçăччении 1940 çулхинчен икĕ хут çурра яхăн пысăкрах пулать.

Йывăр промышленноçăн тĕп отраслĕсем туса кăларакан продукци ӳсние çаксем кăтартса параççĕ.

1953 çулта: хурçă 38 миллион тонна ытла, урăхла каласан, 1940 çулхинчен икĕ хут ытларах туса кăлараççĕ; çĕр кăмрăк 320 миллион тонна ытла кăлараççĕ, урăхла каласан, 1940 çулхинчен 93 процент ытла; нефть 52 миллион тонна ытла кăлараççĕ, урăхла каласан, 1940 çулхинчен 70 процента яхăн ытларах; цемент 16 миллион тонна ытла туса кăлараççĕ, урăхла каласан, 1940 çулхинчен виçĕ хута яхăн ытла; электроэнерги 133 миллиард киловатт-сехет туса кăлараççĕ, урăхла каласан, 1940 çулхинчен 2,8 хут ытла. Хими промышленноçĕн продукцийĕ 1953 çулта, 1940 çулхипе танлаштарсан, виçĕ хут ӳсет, машиностроени оборудовани туса кăларасси 3,8 хут ӳсет.

Халăха куллен кирлĕ япаласем туса кăларассине илес пулсан, эпир çакна куратпăр.

1953 çулта çавăн чухлĕ туса кăлараççĕ: çĕр мамăк пир-авăрĕ 5 миллиард та 300 миллион метр, урăхла каласан, 1940 çулхинчен 34 процент ытла; çăм пир-авăр 200 миллион метр ытла, урăхла каласан, 1940 çулхинчен 70 процента яхăн ытла; пурçăн пир-авăр 400 миллион метр ытла, урăхла каласан, 1940 çулхинчен пилĕк хут ытла; сахăр 3 миллион та 600 пин тонна, урăхла каласан, 1940 çулхинчен 70 процента яхăн ытла; вылăх çăвĕ 400 пин тонна, çакă вăл промышленноçăн вăрçă умĕн вылăх çăвĕ кăларнă шайран 80 процента яхăн ытла пулать.

Çаксем вĕсем промышленноçăн тунă çитĕнӳсене питех те усăмлăн кăтартса параççĕ.

Паллă ĕнтĕ, парти çĕршыва индустрилизацилес ĕçе йывăр промышленноçа — металлургие, топливо тата энергетика промышленноçне çаррса пынипе, хамăр машиностроение аталантарса пынипе тытăннă. Çакăнсăр пирĕн Тăван çĕршыва никама пăхăнса тăмалла мар тăвасси çинчен каламалли те пулман. Троцкистсене тата сылтăм капитулянтсемпе предательсене хирĕç кĕрешсе, парти хăйĕн çул-йĕрне пĕр пăркаланмасăр çирĕппĕн пурнăçласа пынă, çав тăшмансем йывăр промышленноçа аталантассине, çав укçа-тенкĕ йывăр промышленноçран çăмăл промышленноçа куçарма хушнă. Вĕсен сĕнĕвĕсене йышăннă пулсан, пирĕн революци пĕтнĕ пулăттăчĕ, пирĕн çĕршыв [illegible] капитализмла [illegible].

Юлташсем, парти çĕршыва индустрилизацилеме çул тытнă чухне пирĕн патри промышленность мĕнле пулнине аса илер-ха.

Партин XIV-мĕш съезчĕ умĕн—1924/1925 хуçалăх çулĕнче—Совет Союзĕнче хурçă 1.868 пин тонна кăна шăратса кăларнă, çĕр кăмрăк пĕтĕмпе те 16.520 пин тонна çес кăларнă, электростанцисем электроэнерги 3 миллиард киловатт-сехетрен кая туса кăларнă. Капитализма шухăра государствăсемпе танлаштарсан, хура тата тĕслĕ металсем туса кăларас, çĕркăмрăк, нефть кăларас тата электроэнерги туса кăларас тĕлĕшпе эпир кайри вырăнта тăнă. Пирĕн трактор, автомобиль, авиаци тата станкостроени промышленноçĕ пулман, хими промышленноçĕ тата ялхуçалăх машинисем тăвасси пулманпа пĕрех.

Халĕ ĕнтĕ пирĕн çĕршывăн хăватлă, техника тĕлĕшĕнчен питĕ чаплă та малта тăракан йывăр индустри пур.

Партин XIV-мĕш съезчĕ хыççăн иртнĕ çирĕм сакăр çул хушшинче промышленность продукцийĕ туса кăларасси 29 хут ӳснĕ. Халĕ 1924/1925 çулхинчен хурçă 21 хут ытларах туса кăлараççĕ, çĕркăмрăк—19 хут, электроэнерги—45 хут. Хими промышленноçĕпе машиностроени татах та пысăкрах хăвăртлăхсемпе ӳссе пынă, вĕсен отраслĕсенчен нумайăшне çĕнĕрен тунă.

Çак вăхăт хушшинче Атăл тăрăхĕнче, Уралта, Çĕпĕрте, Инçет Хĕвелтухăçĕнче, Европа Çурçĕрĕн районĕсенче, Казахстанра, Вăтам Азири тата Кавказ леш енчи республикăсенче индустрин çĕнĕ центрĕсем тунă. Пирĕн çĕршывăн экономикăлла пур районĕсенче те вăйлă аталаннă йывăр промышленность пур.

Йывăр индустрие чи малтан аталантармалли задачăна татса пани промышленность производствин пĕтĕм калăпăшĕнче йывăр тата çăмăл промышленноçсен шайлашăвне тĕпрен улăштарчĕ.

Йывăр промышленноçра хальхи вăхăтра промышленноçри мĕнпур рабочисен 70 процентне яхăн ĕçлет. 1924/25 çулсенче производство хатĕрĕсен пайĕ ССР Союзĕн пĕтĕм промышленноçĕнче 34 процент чухлĕ пулнă пулсан, иккĕмĕш пилĕкçуллăх вĕçĕ тĕлне—1937 çулта çав пай 58 процент чухлĕ пулнă, 1953 çулта вара—70 процента яхăн пулнă.

Çапла ĕнтĕ, йывăр промышленность 1924/25 çулсенче революцичченхи Росси вăхăтĕнчи пекех, виçĕ пайран пĕр пай кăна йышăннă пулсан, халĕ вăл промышленность производствин пĕтĕм калăпăшĕнче виçĕ пайран икĕ пайне яхăн йышăнса тăрать.

Йывăр индустри аталаннипе пĕр вăхăтрах пирĕн çĕршывра чугун çул тата шыв транспорчĕ ӳссе аталаннă; автомобиль тата сывлăш транспорчĕ туса хунă. 1925 çултан пуçласа 1953 çула çитиччченхи тапхăрта пур йышши транспортра грузсем турттарасси 13 хут çурă ӳсрĕ, çав вăхăтрах чугун çул транспорчĕпе грузсем турттарасси 15 хут ытларах ӳсрĕ.

Эпир йывăр промышленноçа—металлургие, топливо, энергетика, хими, вăрман промышленноçне, машиностроение, строительство индустрине малашне те пур майсемпе аталантарса пырăпăр, хамăрăн транспорта аталантарса тата лайăхлатса пырăпăр. Эпир çакна яланах асра тытма тивĕç: йывăр индустри пирĕн социализмла экономикăн никĕсĕсен никĕсĕ пулса тăрать, мĕншĕн тесен ăна аталантармасăр çăмăл промышленноçа малалла ӳстерме, ялхуçалăхĕн производительнăй вăйĕсене ӳстерме тата хамăрăн çĕршывăн оборона пултарулăхне тĕреклетме май çук.

Йывăр промышленноçа аталантарас тĕлĕшпе тунă çитĕнӳсен, никĕсĕ çинче пирĕн халĕ ĕнтĕ халăха куллен кирлĕ япаласем туса кăларас ĕçе татăклăнах вăйлатма условисем пурте пур.

Çакăн пек тума пирĕн пĕтĕм условисем пур тата ăна пирĕн тумаллах. Юлашки 28 çул хушшинче пирĕн çĕршывра производство хатĕрĕсем туса кăларасси пĕтĕмпе 55 хута яхăн ӳсрĕ, халăха куллен кирлĕ япаласем туса кăларасси вара çав вăхăт хушшинче 12 хута яхăн кăна ӳснĕ. 1953 çулхи производство шайне вăрçăчченхи 1940 çулхи шайпа танлаштарни çакна кăтартса парать: çак тапхăрта та производство хатĕрĕсем туса кăларасси виçĕ хут ытларах ӳснĕ, куллен кирлĕ япаласем туса кăларасси—72 процент ӳснĕ.

Куллен кирлĕ таварсем туса кăларас енĕпе халиччен пулнă производство калăпăшĕ пире тивĕçтерме пултараймасть.

Ку таранччен пирĕн çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçне йывăр промышленноçа аталантарнă хăвăртлăхсемпех вăйлатса пыма майсем пулман. Халĕ эпир çăмăл промышленноçа аталантарас ĕçе пур майсемпе вăйлатса пыма пултаратпăр, çапла вара халăх пурнăçĕн материальнăй тата культурăллă шайне ӳстерес тĕллевпе çавна тума тивĕçлĕ те.

Нумай вăхăт хушши эпир, пуринчен ытла, йывăр индустрипе транспорта аталантарма укçа-тенкĕ хывса пытăмăр. Пилĕкçуллăхсем вăхăтĕнче, урăхла каласан, 1929 çултан пуçласа 1952 çула çитиччен, капитальнăй строительство тума тата оборудовани туянма государство укçи-тенкине, хальхи хаксем çине куçарса шутласан, çакăн чухлĕ хывнă: йывăр промышленноçа—638 миллиард тенкĕ, транспорта—193 миллиард тенкĕ, çăмăл промышленноçа—72 миллиард тенкĕ тата ялхуçалăхне—94 миллиард тенкĕ.

Правительствăпа партин Центральнăй Комитечĕ çăмăл, апат-çимĕç, уйрăммăн илсен, пулă промышленноçне аталантарма, ялхуçалăхне аталантарма укçа-тенкĕ чылай нумайрах уйăрса пама тата халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăлармалли задание чылай ӳстерес енĕпе тӳрлетме кирлĕ тесе шутларĕç; куллен кирлĕ таварсем туса кăларас ĕçе машинăсем тăвакан тата йывăр промышленноçăн ытти предприятийĕсене те анлăрах хутшăнтарма йышăнчĕç.

Вăраха ямасăр пурнăçламалли задача çакăн пек: ик-виçĕ çул хушшинче халăха апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем—аш-какайпа аш-какай продукчĕсем, пулăпа пулă продукчĕсем, çу, сахăр, премĕк-канфет, пир-авăр, тумтир, атă-пушмак, савăт-сапа, сĕтел-пукан тата культурăпа пăла япалисемпе килте кирлĕ ытти япаласем парса тăрассине татăклăн ӳстермелле, халăха кирлĕ мĕнпур таварсем халăха парса тăрассине чылай ӳстермелле. **(Тăвăллăн алă çупаççĕ).**

Паллă ĕнтĕ, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх планпа куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине 1955 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, 65 процента яхăн ӳстерме палăртнă. Пилĕк çуллăх планăн çак заданине чылай маларах тултарас тесе халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине анлăн сарса пыма пирĕн майсем пур.

Анчах, апла пулин те, куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине хисеп енĕпе кăна ӳстернипех çырлахма юрамасть. Халăха кирлĕ мĕнпур промышленность таварĕсен пахалăхне лайăхлатас ыйту пысăк вырăн йышăнать.

Çакна йышăнмалла: эпир куллен кирлĕ таварсен пахалăхĕ енĕпе кая юлтăмăр, çак ĕçе пирĕн татăклăн лайăхлатмалла. Нумай предприятисем халĕ те япăх продукци, совет потребителĕн ыйтăвĕсемпе кăмăлне тивĕçтерейми таварсем туса кăлараççĕ-ха.

Пирĕн промышленность туса кăларакан халăха куллен кирлĕ таварсем, чăнах та, хăйсен çирĕплĕхĕпе палăрса тăраççĕ, анчах вĕсене илемлĕрех те лайăхрах тăвас енĕпе нумай ĕçлемелле. Тавар илекен час-часах ют çĕршывсенче туса кăларнă таварсене туянать, мĕншĕн тесен вĕсене лайăхрах илемлетнĕ. Çакăншăн ĕнтĕ промышленность работникĕсем намăсланма тивĕçлĕ. Çав вăхăтрах, пирĕн паха та хитре пир-авăр, паха та капăр тумтир, çирĕп те илемлĕ атă-пушмак туса кăларма пур майсем те пур, халăх ыйтăвĕсене тивĕçтерме каякан мĕнпур таварсене лайăх та илемлĕ туса кăларма пирĕн пур майсем те пур.

Совет халăхĕ пирĕнтен, чи малтан куллен кирлĕ таварсем туса кăларакан промышленность работникĕсенчен, илемлĕ те лайăх, пысăк пахалăхлă таварсем ыйтма тивĕç. Эпир çак ыйту çине ĕçпе ответлеме тивĕç. Кашни предприяти тивĕçĕ пысăк пахалăхлă продукци туса кăларасси, япаласене паха, лайăх илемлĕ туса кăларассишĕн куллен тăрăшасси пулать.

Задача çакăн пек: халăха кирлĕ таварсем туса кăларас ĕçе тĕпренех вăйлатмалла, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçне хăвăртрах аталантарса пымалла тумалла.

Халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине татăклăнах ӳстерес тесен, эпир, пуринчен малтан, ялхуçалăхне малалла аталантарса çĕклессишĕн тăрăшма тивĕç, ялхуçалăхĕ халăха—апат-çимĕç, çăмăл промышленноçа — чĕртвар парса тăрать.

Пирĕн социализмла ялхуçалăхĕ хăйĕн аталанăвĕнче пысăк çитĕнӳсем турĕ. Колхозсен обществăлла хуçалăхĕ çултан-çул ӳсе тĕрекленет, ялхуçалăх продукцийĕ туса кăларасси ӳсет.

Пирĕн çĕршывăн тырпул çителĕклĕ. Вăрçăччченхипе танлаштарсан, государство енĕпе çĕр мамăкĕ, сахăр кăшманĕ тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлесси чылай ӳсрĕ. 1952 çулта çĕр мамăк-сырец 3.770 пин тонна е 1940 çулхинчен 1,7 хут ытларах хатĕрленĕ; сахăр кăшманĕ 22 миллион тонна е 1940 çулхинчен 30 процент чухлĕ ытларах хатĕрленĕ. Иртнĕ çулта государство 3 миллион тонна аш-какай хатĕрленĕ, çакă вăл 1940 çулхинчен пĕрре çурă хут ытла пулать, сĕт 10 миллион тонна, урăхла каласан, 1940 çулхинчен 1,6 хут ытла хатĕрленĕ. Государство енĕпе хатĕрленисĕр пуçне пирĕн ялхуçалăхĕ аш-какая, сĕте тата çимелли ытти продуктсене коопераципе колхоз суту-илĕвĕ урлă нумай сутать.

Тырă тата ытти ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлесси кăçал йĕркеллĕ те ăнăçлă пулса пырать.

[illegible]ялхуçалăхне кучухнехи çĕнĕ техникăпа пуянлатас тĕлĕшпе пысăк çитĕнӳсем т[illegible] вăл нумай ĕççене пĕтĕмпех механизацилеме, колхоз хресченĕсен ĕçне с[illegible], ăна ытларах тухăçлă тума май пачĕ.

[illegible]хуçалăх çитĕнĕвĕсем чылай пысăк, çав çитĕнӳсем пĕтĕмпех пирĕн колхозсен, машина-трактор станцисен, совхозсен, пирĕн социализмла стройăн пурне те паллă çитĕнĕвĕсем пулса тăраççĕ.

Анчах та ялхуçалăхĕн чылай кирлĕ отраслĕсем юлса пынине курмасăр тăни, ялхуçалăх продукцийĕ туса кăларассин хальхи шайĕ ялхуçалăхне техникăпа пуянлатнипе тата колхоз стройĕн пултарулăхĕпе килĕшсе тăманнине асăрхаманни пысăк йăнăш пулнă пулĕччĕ.

Пирĕн сахал мар колхозсенче, çавăн пекех уйрăм районсенче, ялхуçалăхĕ япăхса кайнă; çĕршывăн чылай районĕсенчи колхозсемпе совхозсен тĕштырă тата ытти ялхуçалăх культурисен тухăçлăхĕ пысăк мар тата тырпул пухса кĕртнĕ чухне тăкаксем нумай тăваççĕ; обществăлла хуçалăх вăйсăр аталаннине пула хăшпĕр колхозсен натурăпа тата укçан илекен тупăшĕ çителĕксĕр-ха, вĕсенче колхозниксене ĕçкунĕ тăрăх укçа, тĕштырă тата ытти продуктсем сахал валеçеççĕ.

Йышăнас пулать, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕç кирлĕ пек тăмасть, çавна май эпир халăхăн аш-какай, сĕт, çăмарта тата выльăх-чĕрлĕхĕн ытти продукчĕсем енĕпе ӳсе пыракан ыйтăвĕсене нумай тивĕçтерсе çитерейместпĕр-ха. Паллă ĕнтĕ, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетесси вăрçă умĕнхи çулсенче те çителĕксĕр аталаннă пулнă. Вăрçă хыççăн выльăх хисепне малтанхи виçене çитерес тата малалла ӳстерес тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттернĕ пулин те, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре юлса пынине ку таранччен те пĕтермен. Выльăх хисепĕ ӳснин хăвăртлăхĕ çителĕксĕр, унăн тухăçлăхĕ çаплипех пĕчĕккĕ-ха. Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç хуçалăхăн пысăк тухăçлă тата пысăк тупăшлă отраслĕ пулмалла, анчах нумай колхозсенче вăл çавăн пек пулса тăман-ха. Çакă вăл колхозсен экономикинче палăрать, халăх хуçалăхне сиен кӳрет.

Çавăн пекех çĕрулми тата пахча çимĕç лартса тăвас ĕç хытă юлса пырать, ку вăл хуласенчи тата промышленность центрĕсенчи ĕççыннисене çав продуктсем парса тăрас ĕçе лайăхлатма кансĕрлет, çĕрулми çителĕксĕр пулни выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе чарса тăни каламасăрах паллă ĕнтĕ.

Пирĕн питĕ кирлĕ тивĕç çакă пулать: юлса пыракан районсемпе колхозсенче ялхуçалăхĕнчи йĕркесĕрлĕхе чи кĕске вăхăтрах пĕтермелле, колхозсен обществăлла хуçалăхне хăвăрт аталантарса тĕреклетмелле тăвас пулать, çавна май колхозниксене ĕçкунĕ тăрăх укçа, тырпул тата ытти продуктсем парассине чылай ӳстермелле.

Эпир выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре чăтма çук юлса пынине пĕтерме, выльăх-чĕрлĕх апачĕн çирĕп никĕсне тума, выльăхсемпе кайăк-кĕшĕк валли çурт-йĕрсем çителĕклĕ хатĕрлеме, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне татăклăн ӳстерме тата выльăхсен хисепне, уйрăмах ĕнесен хисепне пысăк хăвăртлăхсемпе ӳстерме тивĕç.

Пирĕн çĕрулми тата пахча çимĕç лартса тăвас ĕç юлса пынине пĕтермелле, çав продуктсене хулари тата промышленность центрĕсенчи халăха парса тăрассине нумай лайăхлатмалла, çитес икĕ çул хушшинче çĕрулмипе пахча çимĕçе халăх тата чĕртавартан продуктсем туса кăларакан промышленность ыйтăвĕсне пĕтĕмпех тивĕçтермеллĕх кăна мар, çавăн пекех тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес нушасене тивĕçтермеллĕх те лартса тумалла.

Эпир тĕштырă туса илессине малашне хăвăртрах ӳстерсе пыма тивĕç: ку вăл пирĕн çĕршыва халăхăн çăкăр тĕлĕшпе ӳссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерме кăна мар, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе хăвăрт хăпартса яма та, техникăлла культурăсем акса тăвакан районсене тĕштырă парса тăма та кирлĕ. Тырпул тăкакланассине хирĕç кĕрешес ĕçе вăйлатас тата тĕштырăсемпе ытти ялхуçалăх культурисем пухса кĕртессине ӳстерес шутпа колхозсен тĕштырăсем тата ытти продукци туса илес ĕçĕн результачĕсене тĕрĕс мар хакланине, — чăннипе мĕн чухлĕ тырпул пухса кĕртнĕ тăрăх мар, выраччченех палăртнă тухăçлăх тăрăх хакланă тĕрĕс мар практикăна пĕтермелле. Çакна манма юрамасть: пирĕн çĕршыв, пирĕн колхозсем выраччченхипе мар, амбарсене пухса кĕртнĕ тырпулпа пуян пулма пултараççĕ. **(Алă çупаççĕ).**

(Малалли 2-мĕш страницăра).

СССР ВЕРХОВНӐЙ СОВЕЧӖН ЛАРӐВӖ

# СССР Министрӗсен Совечӗн Председателӗн Г. М. МАЛЕНКОВ юлташӑн сӑмахӗ

(Малалли. Пуҫламӑшӗ 1-мӗш страницӑра).

Пирӗн техникӑлла культурӑсен производствине, чи малтан ҫӗр мамӑк, йӗтӗн, сахӑр кӑшманӗ тата ҫу кӑларакан культурӑсем туса илессине малашне те аталантарса пымалла.

Вӑраха ямасӑр пурнӑҫламалли задача ҫакӑн пек: пӗтӗм ялхуҫалӑхне вӑйлатса тата колхозсене организацине хуҫалӑх тӗлӗшӗнчен малалла тӗреклетсе пынӑ никӗс ҫинче ҫитес икӗ-виҫӗ ҫул хушшинче пирӗн ҫӗршывра халӑх валли питӗ нумай апат-ҫимӗҫ, ҫӑмӑл промышленность валли питӗ нумай чӗртавар туса памалла (Алӑ ҫупаҫҫӗ).

Ҫак задачӑна ӑнӑҫлӑ татса парас тесе, Правительство тата партин Центральнӑй Комитечӗ ялхуҫалӑхне малалла хӑвӑрт аталантарас тӗлӗшпе тата пуринчен малтан колхозсемпе колхозниксене ялхуҫалӑхӗн юлса пыракан отраслӗсене аталантарассишӗн экономика тӗлӗшпе интереслентерме пысӑк мерӑсем чылай ирттерме кирлӗ тесе йышӑнчӗ.

Ҫакна йӗркеллӗ ӗҫ вырӑнне хума ҫук: ялхуҫалӑхӗн хӑшпӗр отраслӗсене тата хӑшпӗр ялхуҫалӑх культурисене, сӑмахран, ҫӗр мамӑкӗ, сахӑр кӑшманӗ, чей, цитрус ҫимӗҫӗсене туса илме пирӗн ҫӗршывра колхозсемпе колхозниксене экономика енӗпе хавхалантарма кирлӗ условисем туса панӑ, ҫав вӑхӑтрах ытти чылай культурӑсене—ҫӗрулми, пахча ҫимӗҫ акса тӑвассине тата уйрӑмах питӗ кирлӗ отраслӗне — выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫе государство енчен экономика тӗлӗшпе ҫителӗксӗр хавхалантарса пынӑ.

Паллах, ҫӗр мамӑкӗ, сахӑр кӑшманӗ тата ытти культурӑсене, государство лайӑх хавхалантарса пыракан культурӑсене туса илме колхозсемпе колхозниксене экономика тӗлӗшпе хавхалантарассине чакарасси ҫинчен сӑмах пымасть. Пачах урӑхла, ҫак питӗ паха культурӑсене малалла пур майсемпе те ӳстерессишӗн ӳлӗмрен те тӑрӑшмалла.

Сӑмах ҫӗрулми, пахча ҫимӗҫ туса илес, выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес енӗпе колхозниксемпе колхозницӑсене ытларах интереслентерес тӗлӗшпе чылай мерӑсене пурнӑҫласси ҫинчен пырать.

Суту-илӳри ваккӑн сутмалли хаксене ӳстермесӗрех тата вӗсене малалла йӳнетмелли политикӑна пӗр пӑркаланмасӑр пурнӑҫласа пырса, Правительство тата партин Центральнӑй Комитечӗ колхозсем обязательство шучӗпе государствӑна паракан аш-какай, сӗт, ҫӑм, ҫӗрулми тата пахча ҫимӗҫӗн хатӗрлев хакӗсене кӑҫалах ӗнтӗ пысӑклатма; обязательнӑй поставкӑсене тултарнӑ колхозсемпе колхозниксенчен тӗштырӑ, пахча ҫимӗҫ, ҫӗрулми, аш-какай, сӗт-ҫу, ҫӑмарта тата ытти ялхуҫалӑх продукчӗсене государство енӗпе сутӑн илессине ӳстернӗ хаксемпе анлӑн туса пыма; колхоз суту-илӗвне анлӑн сарса яма, ытлашши юлнӑ ялхуҫалӑх продукчӗсене колхоз пасарӗсенче тата потребительсен кооперацийӗ урлӑ сутас ӗҫе организацилес тӗлӗшпе колхозсене пулӑшма йышӑнчӗ.

Колхозсен обществӑлла хуҫалӑхне аталантарас тӗлӗшпе колхозниксене ытларах хавхалантарнипе пӗрлех, Правительство тата партин Центральнӑй Комитечӗ колхозниксен хушма хуҫалӑхӗ ҫине пӑхас тӗлӗшпе пулса тӑнӑ тӗрӗс мар йӗркене чылай тӳрлетме тата улӑштарма йышӑнчӗҫ.

Паллӑ ӗнтӗ, колхозӑн тӗп вӑйӗ пулса тӑракан обществӑлла хуҫалӑхпа пӗрлех, кашни колхозникӑн, ялхуҫалӑх артелӗн Уставӗ тӑрӑх, колхозник ҫемйин харпӑр хӑйӗн хӑшпӗр ыйтӑвӗсене тивӗҫтерме хушма хуҫалӑх пур, мӗншӗн тесен ҫав ыйтусене халлӗхе артель хуҫалӑхӗн шучӗпе туллин тивӗҫтерме май ҫук-ха.

Колхозниксен харпӑр хӑйӗн хушма хуҫалӑхӗ тӗлӗшпе пирӗн налог политикинче ҫитменлӗхсем пулнине пула, юлашки ҫулсенче колхозниксем хӑйсен хушма хуҫалӑхӗсенчен илекен тупӑшсем чакнӑ, колхозник килӗсенче выльӑх-чӗрлӗх йышӗ тата уйрӑмах ӗнесен шучӗ чакнӑ, ҫакӑ вӑл пирӗн партин колхоз строительстви тӗлӗшӗнчи политикине хирӗҫ пырать.

Ҫавна май Правительство тата партин Центральнӑй Комитечӗ колхозниксен хушма хуҫалӑхӗсенчен обязательство йӗркипе илмелли нормӑна чылай чакарма кирлӗ тесе шутларӗҫ, Финанс министрӗ Зверев юлташ пӗлтерчӗ ӗнтӗ, колхозниксем ҫине ялхуҫалӑх налогӗ хумалли йӗркене улӑштарма, укҫан илекен налога вӑтам шутпа кашни колхозник килӗнчен икӗ хута яхӑн сахалтарах илме, ялхуҫалӑх налогӗ тӳлес тӗлӗшпе иртнӗ ҫулсенче пулнӑ парӑмсене пурне те пӑрахӑҫлама йышӑнчӗҫ. (Алӑ ҫупаҫҫӗ).

Государство бюджетӗнче ялхуҫалӑх продукчӗсен, ҫӗрулмин тата пахча ҫимӗҫӗн хатӗрлев хакӗсене ӳстерме укҫа-тенкӗ уйӑрса пама палӑртнӑ, ялхуҫалӑх налогӗ тата колхозниксем обязательство шучӗпе выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем парассине чакнӑ май тупӑшсем енӗпе пулакан ӳлшӑнусене шута илнӗ. Колхозсемпе колхозниксене экономика тӗлӗшпе хавхалантармалли е ҫавӑн пекех налог политики тӗлӗшӗнчи мерӑсене пурнӑҫа кӗртни, колхозсемпе колхозниксен тупӑшӗсем 1953 ҫулта 13 миллиард тенкӗлӗх ытла ӳсеҫҫӗ, пӗтӗм ҫулталӑкӗпе шута илсен вара — 20 миллиард тенкӗлӗх ытла ӳсеҫҫӗ.

Ҫавӑн пекех ялхуҫалӑхне механизацилес тата электрификацилес ӗҫе чылай лайӑхлатас тӗлӗшпе, минераллӑ удобренисем туса кӑларассине ӳстерес тӗлӗшпе тата колхозсене агрономипе зоотехника енӗпе пулӑшассине вӑйлатас тӗлӗшпе ҫӗнӗ мероприятисем ирттерме укҫа-тенкӗ уйӑрса памаллине Государство бюджетӗнче палӑртнӑ.

Сав мерӑсем пуринчен малтан ҫаксем пулаҫҫӗ:

— МТС-сенче трактористсен, машинистсен тата ытти специальноҫри рабочисен ялании кадрӗсене тумалла, мӗншӗн тесен ҫавнашкал ялании кадрсем ҫукки ялхуҫалӑхӗнче техникӑна ҫителӗксӗр ӗҫленин тӗп сӑлтавӗсенчен пӗри пулса тӑрать;

— ялхуҫалӑх машинисемпе тракторсем, уйрӑмах пропашной тракторсем парассине [illegible], МТС-сенче машинӑсем юсамалли базӑна ҫирӗплетмелле;

— ялсенче ҫӗнӗ электростанцисем туса, ҫавӑн пекех МТС-сене, колхозсене государство энергосистеми сумне пӗрлештересе, ялхуҫалӑхне электрификацилес ӗҫе сарса пымалла;

— колхозсемпе совхозсене минераллӑ удобренисем парассине чылай вӑйлатмалла;

— ялании ӗҫлеме кашни колхоза ялхуҫалӑх специалисчӗсем пӗрер-икшер ҫирӗплетсе памалла, вӗсене машина-трактор станцийӗсен штачӗне тытмалла.

Ҫак мӗнпур мерӑсем колхозсем, МТС-сем тата совхозсем умӗнче тӑракан тӗп задачӑна—мӗнпур ялхуҫалӑх культурисен тухӑҫлӑхне ӳстерес, выльӑх-чӗрлӗх шутне ӳстерес пӗрлех унӑн тухӑҫлӑхне хӑпартас, ҫӗр ӗҫӗпе выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫре [illegible] задачӑна ӑнӑҫлӑн татса пама пулӑшаҫҫӗ.

Государство бюджечӗ тӑрӑх та, государствӑн ытти организацийӗсен шучӗпе те, кӑҫал государство ялхуҫалӑхне аталантарма 52 миллиард тенкӗ ытла укҫа расходламалла палӑртса хунӑ. Ҫакна асра тытмалла: кӑҫал колхозсем обществӑлла хуҫалӑха аталантарма государствӑран нумай вӑхӑтлӑха 3,5 миллиард тенкӗ укҫа кивҫен илеҫҫӗ. Колхозсем харпӑр хӑй шучӗпе капитальнӑй строительство ӗҫсене 17 миллиард тенкӗрен кая мар хываҫҫӗ.

Юлташсем! Ялхуҫалӑхне аталантарас тӗлӗшпе пирӗн умра пысӑк задачӑсем тӑраҫҫӗ. Иккӗленме кирлӗ мар, пирӗн мӗнпур колхозниксемпе ялхуҫалӑх работникӗсем, ялхуҫалӑх машинисемпе удобренисем туса кӑларакан промышленноҫра ӗҫлекен пирӗн мӗнпур рабочисем, инженерсемпе техниксем [illegible] ҫине тӑрса тытӑнсан, ҫитес ик-виҫӗ ҫул хушшинче халӑх валли [illegible] промышленность валли питӗ нумай чӗртавар туса парас задачӑна ӑнӑҫлӑн пурнӑҫлӗҫ. (Нумайччен тӑвӑллӑн алӑ ҫупаҫҫӗ).

* * *

Куллен кирлӗ таварсем туса кӑларакан промышленность малалла вӑйланнӑ тата ялхуҫалӑх аталаннӑ май, тавар ҫаврӑнӑшне пур майсемпе те ӳстерес, государство суту-илӗвне, кооперацийӗ тата колхоз суту-илӗвне лайӑхлатас задача тата та пысӑкрах пулса тӑрать.

Пирӗн совет суту-илӗвӗ халӑх интересӗсемшӗн тата ӑна мӗн кирлине тивӗҫтерессишӗн ӗҫлет. [illegible]

[illegible]

Совет суту-илӗвӗ социализмла экономикӑн [illegible] пурнӑҫласа пыратӑр [illegible] Правительство совет суту-илӗвне вӑйлатас [illegible] тата промышленноҫ таварӗсен хакне тӑтӑшах йӳнетнипе, суту-илӳ [illegible] пред-приятийӗсем нумайланнинчен, колхозсене хӑйсен ытлашши ялхуҫалӑх продукцине сутма пур майсемпе те пулӑшса пынинчен курӑнать.

Халӑхӑн тавар илес пултарулӑхӗ ӳссе пынине тивӗҫтерес тесе, Правительство ҫак юлашки уйӑхсенче куллен кирлӗ таварсем туса кӑларассине ӳстерчӗ, тата ытти майсемпе рынoксене таварсем ытларах парса, ҫавна май тавар ҫаврӑнӑшне вӑйлатма ҫӗнӗ мерӑсем йышӑнчӗ; куллен кирлӗ таварсем туса кӑларма машинӑсем тӑвакан нумай заводсене хутшӑнтарнӑ. Ҫав мерӑсене пула, суту-илӳ тума, 1953 ҫулхи апрель-декабрь уйӑхӗсем валли уйӑрса панӑ 312 миллиард тенкӗлӗх таварсӑр пуҫне тата 32 миллиард тенкӗлӗх тавар уйӑрса параҫҫӗ. (Алӑ ҫупаҫҫӗ). Кунпа пӗрлех халӑх нумай ыйтакан таварсен ресурсӗсене, уйрӑммӑн илсен, ҫӗр мамӑк пир-авӑрӗ, ҫӑм тата пурҫӑн пир-авӑр, ҫӗленӗ тумтир, сӗтел-пукан, савӑт-сапа, выльӑх-чӗрлӗх ҫӑвӗ, ӳсентӑран ҫӑвӗ, сахӑр, пулӑ, аш-какай, консервсем енӗпе ресурссене ӳстернӗ. Чи лайӑх сортлӑ тулӑ ҫӑнӑхӗ ытларах сутма тытӑннӑ. Халӑха йывӑҫ материалсемпе строительство материалӗсем сутасси тата промышленность таварӗсем—автомобильсем, мотоциклсем, велосипедсем, килти холодильниксем, сехетсем, телевизорсем, радиоприемниксем т. ыт. таварсем сутасси ӳсет.

Пурнӑҫланса пыракан ҫак мероприятисем хӑйсен результатне параҫҫӗ. Паллӑ ӗнтӗ, 1952 ҫулта ваккӑн тӑвакан суту-илӗвӗн калӑпӑшӗ, ун умӗнхи ҫулпа танлаштарсан, 10 процент ӳснӗ. Иртнӗ ҫулхи ҫав тапхӑрпах танлаштарсан, кӑҫалхи пӗррремӗш кварталта вӑл, 7 процент, иккӗмӗш кварталта вара 23 процента ҫитиех ӳснӗ.

Анчах ку ҫителӗксӗр. Хальхи суту-илӳ ҫаврӑнӑшӗн калӑпӑшӗ пире тивӗҫтерме пултараймасть. Унсӑр пуҫне тата суту-илӗве йӗркелес ӗҫре те пысӑк ҫитменлӗхсем пур-ха.

Чылай районсенче халӗ те халӑха кирлӗ мӗнпур таварсене сутассине йӗркелемен. Пӗр-пӗр тавар илес пулсан, тавар илекенӗн сайра хутра кӑна мар, ҫав тавара туянма урӑх хулана е района кайма тивет.

Суту-илӳ организацийӗсемпе планлакан организацисен халӑха мӗнле тавар кирлине лайӑх тӗпчесе пӗлмелле. Совет суту-илӗвӗн пӗтӗм йӗрки халӑх мӗнле тавар ыйтнине тата ӑна мӗн кирлине пур енӗпе те шута илме хушать. Ҫак никӗс ҫинче кӑна тавар ресурсӗсене ҫӗршыв районӗсем тӑрӑх тӗрӗс валеҫессине йӗркелеме пулать.

Задача ҫакӑн пек пулать: ҫитес ик-виҫӗ ҫул хушшинче ҫӗршывра апат-ҫимӗҫпе промышленность таварӗсем ҫителӗклӗ таранах пулмалла тӑвас пулать, кирлӗ таварсене пурне те кашни хулара, ялӑ кашни районта туянма май пултӑр.

Пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӑрӑх, государствӑпа кооперации суту-илӗвӗн ваккӑн сутакан тавар ҫаврӑнӑшне 1955 ҫулта, 1950 ҫулхипе танлаштарсан, 70 процента яхӑн ӳстерме палӑртнӑ. Пирӗн ҫав заданине 1954 ҫултах тултарма, пур майсем те пур. (Алӑ ҫупаҫҫӗ).

Суту-илӳ организацийӗсем куллен кирлӗ таварсен пахалӑхӗшӗн те ответлӑ пулса тӑраҫҫӗ. Халӑх ыйтакан таварсем туса кӑларассине ӳстерес, халӑх ыйтман таварсем туса кӑларассине чакарас тӗлӗшпе суту-илӳ хӑйӗн экономикӑлла майӗсемпе производствӑна активлӑн хистесе тӑмалла.

Юлташсем! Халӑх пурнӑҫне лайӑхлатас ӗҫре пурӑнмалли условисене, медицина пулӑшӑвӗ парассине лайӑхлатни, шкулсемпе ача-пӑча учрежденийӗсен шутне ӳстерни пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать.

Вӑрҫӑччен тата уйрӑмах вӑрҫӑ хыҫҫӑн пирӗн ҫӗршывра пурӑнмалли ҫуртсем нумай туса лартнӑ пулин те, пурӑнмалли ҫуртсем ҫителӗксӗр-ха, ку ыйту пур ҫӗрте те тенӗ пекех ҫивӗччӗн тухса тӑрать. Ку вӑл уйрӑмах хуласенче палӑрать, мӗншӗн тесен пирӗн ҫӗршывра хуласенче пурӑнакансен хисепӗ чылай ӳсрӗ. 1926 ҫулхи перепись тӑрӑх хуласенче 26 миллион ҫын пурӑннӑ, 1940 ҫулта 61 миллион ҫын пурӑннӑ пулсан, халӗ вара хуласенче пурӑнакан халӑх 80 миллион ҫынна яхӑн.

Пурӑнмалли ҫурт-йӗрсем тума государство уйӑрса панӑ укҫа-тенкӗ хисепне чылай ӳстернӗ, унӑн пӗтӗм хисепӗ ҫак ӗҫ валли вӑрҫӑ умӗнхи 1940 ҫулта уйӑрса панинчен тӑватӑ хута яхӑн ытларах. Анчах та ҫуртсем тӑвасси начар пулса пырать-ха, ҫуртсем тумалли плансем пӗтӗмпех тулса пымаҫҫӗ, ҫуртсем тума государство уйӑрса паракан пӗтӗм укҫа-тенкӗпе усӑ курмаҫҫӗ. Министерствӑсен, вырӑнти советсен тата парти организацийӗсен нумай руководителӗсем пурӑнмалли ҫурт-йӗрсем тӑвас ӗҫ ҫине кирлӗ пек пӑхмаҫҫӗ. Пурӑнмалли ҫуртсем тӑвассишӗн тӑрӑшман хозяйственниксем те сахал мар-ха пирӗн. Ҫӗнӗ предприятисем лартнӑ чухне часчасах ҫав предприятисен рабочийӗсемпе служащийӗсем валли пурӑнмалли ҫуртсем кирлӗ чухлӗ тумаҫҫӗ, ҫавӑнпа та ҫӗнӗрен лартнӑ задачӑсене час-часах ӗҫ вӑйӗ тӗлӗшпе пысӑк йывӑрлӑхсем килсе тухаҫҫӗ. Нумай строительсен киревсӗр практика пур, вӗсем ҫӗнӗ ҫуртсене туса пӗтермесӗрех, нумай ҫитменлӗхсем пур пулин те, ӗҫсене тирпейсӗр тунӑ пулин те эксплуатацие параҫҫӗ, ҫаксем ҫуртсен пахалӑхне чакараҫҫӗ, ӗҫсыннисене тивӗҫлипе ӳпкелештереҫҫӗ.

Задача ҫакӑн пек пулать: пурӑнмалли ҫуртсем тӑвас ӗҫе лайӑхлатмалла, государство пурӑнмалли ҫуртсем тума тата юсама паракан заданисене пӗр пӑркаланмасӑр пурнӑҫламалла.

Пире ҫавӑн пекех шкулсем, сывлӑх тата ача-пӑча учрежденийӗсем ытларах кирлӗ. Халӑх хуҫалӑх планӗ тӑрӑх 1953 ҫулта, иртнӗ ҫулхипе танлаштарсан, шкулсем тӑвассине 30 процент, ача сачӗсемпе яслисем тӑвассине 40 процент тата больницӑсем тӑвассине 54 процент ӳстерме палӑртнӑ.

Шкулсем, больницӑсем тата ача-пӑча учрежденийӗсем тӑвасси кӑҫал, ҫитменлӗхсем пур пулсан та, пысӑкрах хӑвӑртлӑхсемпе, ытти строительствӑсенчен хӑвӑртрах пулса пырать. Анчах та уйӑрса паракан укҫапа пӗтӗмпех усӑ курман тӗслӗхсем те нумай-ха, шкул тата ача-пӑча учрежденийӗсем тӑвасси час-часах кая юлать. Ача-пӑча учрежденийӗсем тумалли план ҫӑмӑл промышленность предприятийӗсенче начар пурнӑҫланса пырать, паллӑ ӗнтӗ, кунта хӗрарӑмсем нумай ӗҫлеҫҫӗ, ҫавӑнпа та ача сачӗсемпе ача яслисем тӑвас ыйту уйрӑмах пысӑк пӗлтерӗшлӗ пулса тӑрать. Ача-пӑча учрежденийӗсем тӑвасси Украинӑра, Белоруссире тата РСФСР-ӑн чылай облаҫӗсенче ҫителӗксӗр пулса пырать.

Шкулсен, больницӑсен, яслисен, ача сачӗсен шутне ӳстерес тата вӗсен ӗҫне лайӑхлатас тӗлӗшпе Сывлӑх министерстви, Союзлӑ республикӑсен ҫутӗҫ министерствисем, вырӑнти Совет тата парти органӗсем пысӑк ответлӑ, вӗсем шкулсем, ача-пӑча тата сывлӑх учрежденийӗсем тӑвассишӗн ытларах тӑрӑшма, ку ӗҫ ҫине тимлӗнрех пӑхма тивӗҫ.

Юлташсем! Промышленность, ялхуҫалӑхӗ енӗпе тата халӑх пурнӑҫне лайӑхлатас тӗлӗшпе пирӗн умра тӑракан вӑраха ямасӑр пурнӑҫламалли задачӑсене татса парас тесен, хамӑрӑн пӗтӗм хуҫалӑхла тата организацилле ӗҫе ҫӗнӗ те ҫӳлӗрех пусӑма ҫӗклемелле.

Государство тата хуҫалӑх органӗсен ӗҫӗнчи пысӑк ҫитменлӗхсене курмасӑр тӑни тӗрӗс мар пулнӑ пулӗччӗ, ҫакӑ вӑл халӑх хуҫалӑхне сахал мар сиен кӳрет. Ҫав ҫитменлӗхсем ҫинчен партин XIX-мӗш съезчӗн решенийӗсенче каланӑ. Ҫакна йышӑнмалла: министерствӑсем тата вырӑнти партипе Совет органӗсем съезд директивисене ҫителӗксӗр пурнӑҫласа пыраҫҫӗ-ха тата предприятисене ертсе пырассине лайӑхлатас тӗлӗшпе кирлӗ мерӑсем йышӑнмаҫҫӗ. Задача ҫакӑн пек пулать: ӗҫри ҫитменлӗхсене ҫине тӑрса пӗтермелле.

Пирӗн хозяйственниксем, финанспа план органӗсем продукцин хӑйне ларакан хакне чакарас ыйтусем ҫине тимлӗн пӑхманни предприятисене ҫителӗксӗр ертсе пынине кӑтартса паракан тӗслӗх пулать.

Паллӑ ӗнтӗ, хӑйне ларакан хак предприятин пӗтӗм ӗҫ пахалӑхне кӑтартса паракан тӗп показатель пулса тӑрать. Апла пулин те хуҫалӑх руководителӗсенчен нумайӑшӗ ҫакӑн ҫинчен манса каяҫҫӗ, предприятие тупӑшлӑ ӗҫлеттермелле тӑвас ыйтусемпе сахал интересленеҫҫӗ. Кӑҫалхи пӗрремӗш ҫур ҫулта промышленность продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетмелли тата ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстермелли государство планӗн заданийӗсене пирӗн промышленноҫӑн чылай отраслисенче тултарман. Промышленноҫра убыток туса ӗҫлекен предприятисем те нумай-ха, вӗсенче туса кӑларакан продукцин хӑйне ларакан хакӗ ҫав продукци хакӗнчен пысӑкрах. Ҫавӑн пек ӗҫлекен предприятисем тӳсекен убытока тупӑшлӑ, лайӑх ӗҫлекен предприятисен шучӗпе витсе хураҫҫӗ. Тупӑшсӑр ӗҫлекен, ытти предприятисен шучӗпе пурӑнакан фабрикӑсем, заводсем, шахтӑсем пурри пирӗн промышленноҫри хуҫалӑх расчечӗн никӗсне хавшатать, накоплени тӑвассине ӳстермелли майсем туса памасть тата Государство бюджечӗн доходне ӳстерес ӗҫре чӑрмав кӳрет.

Тупӑшсӑр ӗҫлекен предприятисем ҫӗр кӑмрӑк тата вӑрман промышленноҫӗнче питӗ нумай тата вӗсен убытокӗн хисепӗ пысӑк. Ҫак отраслӗсен нумай предприятийӗсем хӑйне хӑй ларакан хака йӳнетмелли тата ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстермелли плана темиҫе ҫул хушши тултарса пымаҫҫӗ. Ҫавна пула ҫӗр кӑмрӑк тата вӑрман продукцийӗн хӑйне ларакан хакӗ ҫав-ҫавах пысӑк-ха, ҫӗр кӑмрӑкпе вӑрман материалӗсен хӑйне ларакан хакӗ пысӑк пулни вара ҫав продукцисен хакне кӑна мар, ытти нумай промышленность изделийӗсен хакне те йӳнетме чӑрмантарса тӑрать.

Промышленноҫӑн тупӑшсӑр ӗҫлекен предприятийӗсем 1952 ҫулта 16 миллиард тенкӗ убыток панӑ. Тупӑшсӑр ӗҫлекен предприятисем 1953 ҫулхи пӗрремӗш ҫур ҫуллӑхра та чылай пысӑк убыток кӳнӗ.

Хӑйне ларакан хака йӳнетмелли планпа панӑ задание тултарас ӗҫ кирлӗ пек пулса пыманни промышленноҫра кӑна мар палӑрать-ха. Строительство хакӗ халӗ те пысӑк-ха, строительство организацийӗсенче убыток нумай; ӗҫсен хӑйне ларакан хакне йӳнетмелли планпа панӑ заданисене нумай машина-трактор станцийӗсем пурнӑҫласа пымаҫҫӗ, юханшывсем тӑрӑх грузсем турттарас ӗҫӗн хӑйне ларакан хакне йӳнетесси те кирлӗ пек пулса пымасть, суту-илӳре те тавар ҫаврӑнӑшӗнче пулакан расходсене чакармалли заданисем пурнӑҫланса пымаҫҫӗ.

Продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетмелли тӗп условин мӗнпур предприятисенче ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерни пулать. Ҫак задачӑна ӑнӑҫлӑрах татса пама пирӗн пур условисем те ҫителӗклӗ. Пирӗн предприятисенчи малта пыракан техника, унпа тӗрӗс усӑ курсан, рабочисен ӗҫне ытларах та ытларах ҫӑмӑллатса пыма тата ӗҫ тухӑҫлӑхне вӗҫӗмсӗр ӳстерме май парать. Обществӑлла ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерес тата продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетес ӗҫре производствӑна тӗрӗс те тухӑҫлӑ ӗҫлемелле йӗркелени, хушма хуҫалӑхри тата ытти кирлӗ мартарах вырӑнсенчи персонала чакарса производствӑн тӗп процесӗсенчи работниксен шутне ӳстерни пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать.

Производствӑн мӗнпур отраслӗсенче хӑйне ларакан хака йӳнетни тата ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерни совет халӑхӗн материальнӑй пурнӑҫне лайӑхлатас ӗҫре тӗп вырӑн йышӑнса тӑрать. Пирӗн предприятисенче ӗҫ тухӑҫлӑхӗ мӗн чухлӗ пысӑкрах, хӑйне ларакан хак мӗн чухлӗ йӳнӗрех, продуктсемпе таварсен хакӗ ҫавӑн чухлӗ йӳнерех, халӑхӑн пурнӑҫ шайӗ ҫавӑн чухлӗ пысӑкрах пулать.

Ҫавӑн пек задача тӑрать: продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетес ыйтӑва тивӗҫлӗн хакламаннине пӗтермелле, хӑйне ларакан хака йӳнетмелле, кашни предприятие тухӑҫлӑ ӗҫлекен тумалла.

Хамӑр умра тӑракан задачӑсене ӑнӑҫлӑн татса парас тесен, государствӑпа хуҫалӑх тытӑмӗн мӗнпур сыпӑкӗсенче ӗҫри ответлӑха тата культурӑна татӑклӑнах ӳстермелле.

Юлашки уйӑхсенче министерствӑсене пӗрлештерсе пысӑклатнӑ тата министрсен прависене чылай ӳстернӗ. Ҫак ӗҫсем хуҫалӑха ертсе пырас ӗҫре лайӑх результатсем параҫҫӗ тата 6 миллиард ҫурӑ тенке яхӑн укҫа перекетлеме май пачӗ. Анчах ҫакна йышӑнмалла, управлени аппаратне тытса тӑрасси халӗ те хакла ларать-ха. Правительство малашне те государство аппаратне лайӑхлатса пырать тата ӑна тытса тӑма каякан расхода тата та ытларах сахаллатса пырать. Кунпа пӗрлех ҫакна каламалла: халӑх хуҫалӑхӗн уйрӑм отраслӗсене малалла аталантарас тӗлӗшпе ҫӗнӗ задачӑсем тухса тӑнӑ май пирӗн ҫӗнӗрен йӗркеленӗ министерствӑсем пирки хӑшпӗр улшӑнусем тума тивет.

Пирӗн халӑх хуҫалӑхӗ шанчӑклӑн малалла ҫӗкленсе пырать. Рабочисен, колхозниксен, интеллигенцин хӑватлӑ активлӑхӗпе пуҫарулӑхӗ пирӗн вӑйсен ҫӑлкуҫӗ пулса тӑраҫҫӗ. Пирӗн хамӑр умра тӑракан тӗп задачӑна пурнӑҫлама—халӑхӑн пӗрмай ӳссе пыракан материальнӑй тата культурӑллӑ ыйтӑвӗсене пӗтӗмӗшпех тивӗҫтерме питӗ пысӑк майсем пур. Эпир ҫак задачӑсене пурнӑҫлас ӗҫре кӗске срокрах пысӑк ӳсӗмсем тума пултарассине ҫирӗппӗн шанса тӑратпӑр! (Нумайччен, тӑвӑллӑн алӑ ҫупаҫҫӗ).

## II.

## Тӗнчери лару-тӑру тата Совет Союзӗн тулашри политики

Депутат юлташсем! Хамӑрӑн шалти ыйтусене пӑхса тухнӑ чухне эпир, паллах, тӗнчери лару-тӑруран пӑрӑнма пултараймастпӑр.

Хальхи вӑхӑтра тӗнчери лару-тӑру чи малтанах Совет Союзӗ, Китай Халӑх Республики, мирпе демократин пӗтӗм лагерӗ тӗнчери йывӑрлӑха ҫӑмӑллатассишӗн, миршӗн, тӗнчере ҫӗнӗ вӑрҫӑ пулмалла мар тӑвассишӗн кӗрешес ӗҫре пысӑк ҫитӗнӳсем тунипе паларса тӑрать.

Хӗвелтухӑҫӗнче юн тӑкассине чарса лартнӑ, ҫав вӑрҫӑ нумай ҫынсен пурнӑҫне пӗтернӗ тата пӗтӗм тӗнчере ҫав тери пысӑк йывӑрлӑхсем кӑларса тӑратас хӑрушлӑх патне илсе ҫитерме пултарнӑ.

Корейӑра перемири пирки алӑ пуснине пӗтӗм тӗнчери ӗҫсыннисем питӗ пысӑк савӑнӑҫпа кӗтсе илчӗҫ. Вӗсем ҫак факта мире юратакан вӑйсен ҫӗнтерӗвӗ тесе тивӗҫлипех хаклаҫҫӗ. (Тӑвӑллӑн алӑ ҫупаҫҫӗ).

Мирпе демократи лагерӗ Корейӑра вӑрҫа чарса лартассишӗн виҫӗ ҫул хушши ытла тӑрӑшрӗ. Перемири пирки алӑ пуснипе ҫак кӗрешӳ ӗҫленчӗ. Миллионшар ҫынсем миршӗн тӑни хӑватлӑ та витӗмлӗ вӑй пулса тӑчӗ, агрессорсен ҫав вӑя шута илмелле пулчӗ.

Корейӑра вӑрҫӑ пуҫласа, агрессиллӗ ушкӑнсем Корея халӑхне чӗркуҫҫи ҫине лартма пулӗ тесе ӗмӗтленнӗ. Анчах та Демократиллӗ Корея Халӑх Республикине хирӗҫ вӑрҫӑ пуҫарнӑ интервентсем путланса ларчӗҫ. Вӗсем паттӑр Корея халӑхне парӑнтарма пултараймарӗҫ. Вӑрҫӑ авантюри туса, вӗсем ҫиҫӗмле пырса ҫапнипе тата вӑй нумай хумасӑрах хӑйсен тӗллевӗ пурнӑҫланасса шаннӑ. Чӑннипе вара урӑхла пулса тухрӗ. Интервентсен юнлӑ та вӑраха кайнӑ вӑрҫа кӗрсе кайма тиврӗ, ҫынсемпе техникӑна нумай пӗтерсе, хӑйсен ҫар тӗлӗшӗнчи авторитетне тӗпренех хавшатса, вӗсен хӑйсен захватчикла планӗсене пӑрахӑҫламалла пулчӗ. Чӑн та, калань пекех пулчӗ: ҫӑм касма кайнӑскерсене хӑйсене хырса янӑ. (Залра кулаҫҫӗ. Тӑвӑллӑн алӑ ҫупаҫҫӗ).

Корея халӑхӗ интервентсене тата вӗсен Ли Сын Ман шайккин тарҫисене хирӗҫ кӗрешни ҫакна кӑтартса пачӗ: ирӗклӗх ӗҫне паранса тӑни, хӑйӗн ҫӗршывӗн никама пӑхӑнманлӑхне парӑнса тӑни питех те пысӑк чӑтӑмлӑх, паттӑрлӑх, массӑлла героизм ҫуратать. Корея халӑхӗ,—унӑн ҫине кучухнехи империализмӑн вӑрҫӑ вӑрҫмалли чи хӑватлӑ машини тапӑннӑ,—никам ҫӗнтерейми халӑх пулса тӑчӗ, мӗншӗн тесен вӑл тӗрӗслӗхлӗ ӗҫшӗн кӗрешрӗ. Ҫавӑнпа пӗрлех Корея халӑхне пулӑшма пынӑ мухтавлӑ Китай халӑх добровольцӗсен, пархатарлӑ паттӑрлӑхне те ҫынсем нихҫан та манмӗҫ. (Нумайччен тӑвӑллӑн алӑ ҫупаҫҫӗ). Ҫак паттӑрлӑхпа аслӑ Китай халӑхӗ кӑна мар, прогрессивлӑ пӗтӗм этемлӗх мухтанать. (Тӑвӑллӑн алӑ ҫупаҫҫӗ).

Совет Союзӗнчи халӑхсем Корейӑпа Китай халӑхӗсене перемири тунӑ ятпа пӗтӗм чӗререн саламлаҫҫӗ. (Тӑвӑллӑн алӑ ҫупаҫҫӗ).

Задача халӗ ҫакӑн пек: асап курса пӗтнӗ Корея халӑхне, хӑйӗн кун-ҫулне, хӑйӗн ҫӗршывӗн пурнӑҫне хӑйне кирлӗ пек йӗркелеме право кӗрешсе илнӗ халӑха, пурнӑҫа юсаса, мирлӗ пурӑнма май парас пулать.

Эпир, совет ҫыннисем, мухтавлӑ Корея халӑхӗн пурнӑҫӗ мирлӗ условисенче чечеклентӗр тесе пӗтӗм чӗререн сунатпӑр. Совет Союзӗ Корея халӑхне вӑрҫӑ кӳрсе хӑварнӑ йывӑр сурансене тӳрлетес ӗҫре пулӑшу парса пырӗ. (Тӑвӑллӑн алӑ ҫупаҫҫӗ). Корейӑн арканнӑ хуҫалӑхне юсама Правительство халех ӗнтӗ миллиард тенкӗ укҫа уйӑрса пама йышӑнчӗ. (Нумайччен алӑ ҫупаҫҫӗ). Верховнӑй Совет ҫак решение пӗр шухӑш-кӑмӑллӑ пулса ырласса эпир ӗненсе тӑратпӑр. (Тӑвӑллӑн алӑ ҫупаҫҫӗ).

Совет Союзӗ Хӗвеланӑҫӗнче ҫирӗппӗн тата ҫине тӑрса мир политикине пурнӑҫласа пыни Берлинри провокацилле авантюра путланса ларасси патне илсе ҫитерчӗ.

Берлинра авантюра организацилекенсем инҫете каякан тӗллев тытнӑ. Вӗсем Германин демократиллӗ вӑйӗсене аркатса тӑкма, Германи халӑхӗн демократиллӗ вӑйӗсен тӗрекӗ пулса тӑракан Демократиллӗ Германи Республикине пӗтерсе хума, Германирен милитаристла государство туса хума, Европа центрӗнче вӑрҫӑ вучахне ҫӗнӗрен туса хума ӗмӗтленнӗ. Нимӗн те иккӗленме кирлӗ мар: Совет Союзӗ мир интересӗсене хӳтӗлесе хӑварас ӗҫре чӑтӑмлӑх тата ҫирӗплӗх кӑтартман пулсан, Берлинри авантюра пӗтӗм тӗнчери питӗ пысӑк йывӑрлӑхсем патне илсе ҫитерме пултарнӑ пулӗччӗ.

Акӑ мӗншӗн Берлинри авантюрӑна пӗтерсе лартни мир ӗҫӗ пысӑк ҫӗнтерӳ тунине пӗлтерет тесе шутламалла. (Тӑвӑллӑн алӑ ҫупаҫҫӗ).

Пӗтӗм тӗнчери йывӑрлӑха ҫӑмӑллатассишӗн кӗрешес ӗҫре Совет Союзӗ тунӑ ҫитӗнӳсен шутне кӳршӗри государствӑсемпе ҫыхӑну тытасси лайӑхланни те кӗрет.

Мӗнпур ҫӗршывсем хушшинче мирлӗ килӗштерсе пурӑнассине аталантарма тӑрӑшса, Совет Правительстви Совет Союзӗпе кӳршӗри государствӑсем хушшинчи ҫыхӑнусене тӗреклетес ӗҫе уйрӑмах пысӑк вырӑна хурать. Ҫав ҫыхӑнусене чӑннипех те пӗр-пӗринпе ырӑ кӳршӗсем пек пурӑнас шая ҫитерес пулать,—тӗллев ҫавӑн пек, эпир ҫавӑн пек тума тӑрӑшатпӑр, малашне те ҫавӑн пекех тӑрӑшӑпӑр.

Совет Союзӗн нимӗнле государствӑран та, вӑл шутрах кӳршӗри пӗр государствӑран та территорисем туртса илес туртӑм ҫук. Пирӗн тулашри политикӑн ҫирӗп принципӗ вӑл наци ирӗклӗхне тата кирек мӗнле ҫӗршывӑн, пысӑккине те, пӗчӗккине те, суверенитетне хисеплесси пулса тӑрать. (Алӑ ҫупаҫҫӗ). Хӑй тӗллӗнех паллӑ ӗнтӗ, пирӗн ҫӗршывпа кӳршӗри хӑшпӗр государствӑсен социалла-экономикӑлла системисен уйрӑмлӑхӗсем вӗсем хушшинче туслӑ ҫыхӑну тытассине ҫирӗплетме чӑрмантарса тӑма пултараймаҫҫӗ. Совет Правительстви ҫавӑн пек государствӑсемпе пӗр-пӗринпе ырӑ кӳршӗсем пек туслӑ пурӑнассине ҫирӗплетме хӑй енчен утӑмсем турӗ, халӗ ӗнтӗ ӗҫ вӗсен правительствисем туслӑха сӑмахпа мар, ӗҫпе кӑтартса пама хатӗр тӑнинчен пирӗн ҫӗршывсен мирне тата хӑрушсӑрлӑхне тӗреклетессишӗн икӗ енчен те тӑрӑшнине шута илсен туслӑха йӗркелесе яма хатӗр тӑнинче пулать.

(Малалли 3-мӗш страницӑра).

## СССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔН ЛАРĂВĔ

# СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Г. М. МАЛЕНКОВ юлташăн сăмахĕ

(Малалли. Пуçламăшĕ 1—2-мĕш страницăсенче).

Çакăнта пирĕн кӳршĕ Иран пулса тăрать. Вăтăр пилĕк çул хушшинчи опыт çакна кăтартса пачĕ: Совет Союзĕ тата Иран пĕр-пĕринпе туслă пурăнма интересленеççĕ. Çапла пулсан, Совет Союзĕпе Иран хушшинчи çыхăнусен çирĕп никĕсĕ пур, çакă вăл икĕ енĕн хушшинче тухса тăракан ыйтусене татса пама, пĕр-пĕрне кăмăллă пулма май парать. Совет Союзĕ пуçарнипе хальхи вăхăтра чикĕ тĕлĕшĕнчи хăшпĕр ыйтусене йĕркелес енĕпе, çавăн пекех пĕр-пĕрин хушшинчи укçа-тенкĕ претензийĕсем пирки калаçусем пыраççĕ. Калаçусем ăнăçлă вĕçленессе шанса тăратпăр. Нумай пулмасть пĕр-пĕринпе усăллă никĕс çинче икĕ çĕршыв хушшинчи тавар çаврăнăшне ӳстерес ыйтупа килĕшӳ тунă. Совет Союзĕпе Иран хушшинчи çыхăнусем пирĕн ырă кӳршĕсем пек çулпа аталанса пырасси, экономикăлла тата культурăлла çыхăнусене сарса пырас çулпа аталанасси Иран правительствинчен килет.

Совет Союзĕпе Афганистан хушшинчи çыхăнусем пĕрмаях çирĕп тата пĕр-пĕрин интересĕсене хисеплени палăрса тăраççĕ. Çакă вăл пирĕн çĕршывсен хушшинчи çыхăнусем малалла тĕрекленсе пыма майсем туса парать.

Совет Правительстви Турци правительствине заявлени туни çинчен пурте пĕлеççĕ. Çак заявлени пĕр-пĕринпе килĕшӳллĕ пурăнассине аталантарма, Турци енĕ хăй черечĕпе ку тĕлĕшпе кирлĕ таран вăй хурсан, паллах ĕнтĕ, паха майсем туса парать. Турципе Совет Союзĕ хушшинчи çыхăнусем лайăхланни, паллах ĕнтĕ, икĕ енĕшĕн те усăллă пулнă пулĕччĕ, Хура тинĕс районĕнчи хăрушсăрлăха çирĕплетес тĕлĕшпе пысăк ĕç туни пулнă пулĕччĕ.

Финлянди хушшинчи çыхăнусене Совет Союзĕ икĕ çĕршывăн интересĕсене шута илет. 1950 çулта экономика тĕлĕшĕпе пилĕк çуллăха килĕшӳ туни,—унтан ун çумне 1952—55 çулсенчи тавар çаврăнăшĕ пирки тунă килĕшӳ хушнă,—Совет Союзĕпе Финлянди хушшинчи экономикăлла çыхăнусене чылай вăйлатма пулăшрĕ. Совет Союзĕпе Финлянди хушшинче пĕр-пĕрне туслă пурăнасси, килĕштерсе ĕçлесси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен тунă договор икĕ çĕршывăн интересĕсемпе те килĕшсе тăрать, Европăн çурçĕр пайĕнчи мире тата хăрушсăрлăха çирĕплетме пулăшать. Договор пĕр-пĕрне килĕштерсе пурăнассине йĕркелемелли лайăх никĕс пулса тăрать. Ăна пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пырасси пирĕн правительствăран анчах мар, Финлянди правительствинчен те тăрăшмалла.

Пĕтĕмĕшле йывăрлăха çăмăллатас тесе, Совет Правительстви Израиль государствипе çĕнĕрен дипломатиллĕ çыхăнусем тытма килĕшрĕ. Ун чухне вăл Израиль правительствинчен çавăн пек обязательстви панине шута илчĕ: «Израиль Совет Союзне хирĕçле агрессиллĕ тĕллевсем тытакан кирек мĕнле союза е килĕшӳве хутшăнас çук». Эпир çапла шутлатпăр: дипломатиллĕ çыхăнусене çĕнĕрен пуçласа яни икĕ государствăшăн килĕштерсе пурăнма пулăшĕ.

Израильпе дипломатиллĕ çыхăнусем тытассине йĕркелени Совет Союзĕпе араб çĕршывĕсем хушшинчи çыхăнусене хавшатасси патне илсе пырать, тесе сырăççĕ ют çĕршывсенчи хăшпĕр хаçатсем. Ун пек калама нимĕнле сăлтав та çук. Совет Правительстви хăйĕн ĕçĕсене малашне те араб государствисемпе туслă килĕштерсе ĕçлессине çирĕплетес енĕпе туса пырĕ.

Чылай вăхăт иртнĕ хыççăн, пирĕн правительство Югославипе тата Грецие посолсем улăштарса илес тĕлĕшпе пуçару турĕ. Эпир çапла шутлатпăр: çакă вăл икĕ çĕршывпа та çыхăнусем тытассине тивĕçлĕ пек йĕркелеме пулăшĕ тата усăллă результатсем парĕ.

Совет Союзĕпе Итали хушшинчи çыхăнусене лайăхлатассине чăрмантарма пултаракан нимĕнле объективлă сăлтавсем те çук. Паллах, государствăсем хушшинчи çыхăнусем, пĕр-пĕрин тĕлĕшпе илнĕ обязательствăсене пурнăçланă пулсан çеç, лайăхланма пултараççĕ. Совет Союзĕпе Итали хушшинчи çыхăнусене лайăх аталантарса пырсан, Итали промышленноçĕ, халĕ пысăк йывăрлăхсем тӳсекенскер, пирĕн государствăсем хушшинчи экономикăлла çыхăнусене лайăхлатнипе чылай пысăк тĕрев илнĕ пулĕччĕ. Пĕр-пĕрне усăллă килĕшӳ никĕсĕ çинче Итали çĕр кăмрăкĕ тата ытти илсе тăма, çавăн пекех тата хăйĕн промышленноçĕ валли заказсем илме пултарнă пулĕччĕ. Паллах, çакă вăл мухтавлă Итали халăхĕн пурнăç условийĕсене лайăхлатма пулăшнă пулĕччĕ. (Алă çупаççĕ).

Корейăри перемири пирки алă пуçни мире хăрушсăрлăха, чи малтанах, Инçет Хĕвелтухăçĕнче тĕреклетес ĕçе пысăк пулăшу парасса тĕнчери мĕнпур халăхсем шанаççĕ.

Çавна май Инçет Хĕвелтухăçĕнчи мĕнпур государствăсем хушшинче, уйрăмăн илсен, Японипе çыхăнусене йĕркелесе лайăхлатас задача питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ пулса тăрать. Çак çул çинче чылай чăрмавсем тĕл пулаççĕ, мĕншĕн тесен союзниксем хушшинче вăрçă вăхăтĕнче тата вăрçă хыççăнхи тапхăрта тунă килĕшӳсене Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем пăсрĕç тата вĕсем Японин наци никама пăхăнманлăхне пĕтерсе лартас, унта çар плацдармĕ туса хурас политика тытса пыраççĕ. Япони нацийĕн малта пыракан вăйĕсем çакна ăнланса илеççĕ: тĕл пулакан йывăрлăхсене çĕнтерсе, çĕршывăн наци никама пăхăнманлăхне хӳтĕлесе хăвармалла. Çав майпа кăна хăйсен тăван çĕршывне мирлĕ аталанма май пама, кӳршĕллĕ государствăсемпе тулашри политика тĕлĕшпе тивĕçлĕ çыхăнусем тата экономикăлла юрăхлă çыхăнусем туса хума май пурри вĕсем ăнланаççĕ. Çак çул çинче Япони тăвакан утăмсене Совет Союзĕ те тата мире юратакан мĕнпур халăхсем кăмăллаcа йышăнĕç тата пулăшса пырĕç. (Алă çупаççĕ).

Хĕвелтухăçĕнче мире тĕреклетес ĕçре пысăк государство—Инди позицийĕ пысăк вырăн йышăнса тăрать. Мире юратакан çĕршывсем Корейăри вăрçа чарса лартас тĕлĕшпе тăрăшнă çĕре Инди хăйĕн пайне хучĕ. Пирĕн çыхăнусем Индипе çирĕпленсе пыраççĕ, культурăлла тата экономикăлла çыхăнусем ӳсеççĕ. Эпир çакна шанса тăратпăр: Индипе Совет Союзĕ хушшинчи çыхăнусем малашне туслă килĕштерсе ĕçлес палăрса аталанса пырĕç. (Алă çупаççĕ).

Совет Союзĕ çакна та пысăк вырăна хурса хаклать: пирĕнпе Пакистан хушшинчи çыхăнусем ăнăçлăн аталана пычăр тата икĕ государствăн пур енлĕ çыхăнăвĕсене çирĕплетме май пачăр. Ку вăл, паллах, Азири мире çирĕплетес ĕç валли усăллă пулать.

Совет Правительстви ют çĕршывсемпе экономикăлла çыхăнусем тытассине вăйлатас политикăна пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пырать.

Совет государствипе суту-илӳ çыхăнăвĕсем тытакан государствăсен хисепĕ ӳсет, çакăнпа пĕрлех Хĕвеланăçĕпе Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсем хушшинче тавар çаврăнăшĕ пысăкланать. Франципе, Финляндипе, Иранпа, Данипе, Грецине, Норвегипе, Швецине, Аргентинăпа, Исландипе суту-илӳ килĕшĕвĕ, Египетпа тӳлевсем çинчен килĕшӳ тунă. Ытти чылай государствăсемпе те калаçусем ăнăçлă пыраççĕ. Эпир Совет Союзĕпе ют çĕршывсем хушшинчи тавар çаврăнăшне ӳстерес çул-йĕре тата ытларах çине тăрса тытса пыма ĕмĕтленетпĕр.

Чылай çĕршывсенчи ĕçлĕ ушкăнсем, пĕтĕм тĕнчери суту-илĕве чăрмантаракан тĕрлĕ йышши дискриминациллĕ мерăсене çĕршывсем хушшинчи тавар çаврăнăшĕн çулĕ çинчен сиенлĕссине тăрăшнине ăнланмасăр, ку вăл халĕ кирлĕ. Тавар çаврăнăшне çирĕп йĕлана кĕнĕ çĕршывсемпе йĕркеллĕ суту-илӳ çыхăнăвĕсем çĕнĕрен туса хума кирли тахçанах палăрчĕ ĕнтĕ. Йĕркеллĕ экономикăлла çыхăнусене аталантарни мир ĕçне çирĕплетме пулăшать тесе тивĕçлипех шутлакансем пĕтĕм тĕнчери суту-илĕве вăйлатассине пулăшмасăр тăма пултараймаççĕ.

Совет Союзĕн Правительстви демократиллĕ лагерьти мĕнпур çĕршывсемпе çыхăну тытассине пĕрремĕш вырăна хурса хаклать. Çак çыхăнусем тачă килĕштерсе ĕçленипе тата чăннипех тăванла туслăхпа палăрса тăраççĕ. (Алă çупаççĕ). Совет Союзне Китай Халăх Республикипе аслă та никам аркатайми туслăх пĕтĕçтерсе тăрать. (Тăвăллăн алă çупаççĕ). Çак икĕ çĕршыв хушшинче экономикăлла тата культурăллă çыхăнусем пысăк хăвăртлăхсемпе тата пысăккăн ӳссе пыраççĕ.

Совет Союзĕ Польшăпа, Чехословакипе, Румынипе, Венгрипе, Болгарипе, Албанипе, Монголи Халăх Республикипе, Демократиллĕ Корея Халăх Республикипе пур енĕпе те килĕштерсе ĕçлесси вăйланса тата тĕреклене пырать. (Алă çупаççĕ).

Демократиллĕ Германи Республикипе пирĕн туслă çыхăнусем тăтăшах тĕреклене пыраççĕ; пĕрлĕхлĕ, мире юратакан демократиллĕ Германишĕн кĕрешмелли тĕрек пулса тăракан Демократиллĕ Германи Республикине Совет Союзĕ пулăшу парать тата малашне те пулăшса пырĕ. (Алă çупаççĕ).

Демократиллĕ лагерĕн лайăх енĕсенчен пĕри тата вăл империализмла лагерьтен тĕпренех уйрăлса тăни çакă пулать: демократиллĕ лагерь шалти хирĕçӳсемпе тата кĕрешӳпе кисренсе тăмасть, унăн вăйĕпе малашлăхĕн вăйĕн чи кирлĕ çăлкуçĕ вăл демократиллĕ лагерьти мĕнпур çĕршывсен интересĕсемшĕн пĕрле тăрăшни тата экономика енĕпе тачă килĕштерсе ĕçлени пулать. Çавăнпа та демократиллĕ лагерьти çĕршывсен туслă çыхăнăвĕсем тата вĕсем пĕр-пĕринпе тăванла килĕштерсе ĕçлесси вĕçĕмсĕр ӳссе тата тĕреклене пырать. (Алă çупаççĕ).

Совет Союзĕ тата демократиллĕ пĕтĕм лагерь миршĕн активлăн та усăмлă тĕллевшĕн кĕрешни паллă результатсем пачĕ. Тĕнчери лару-тăрура пулнă паллă улшăну куç умĕнчех. Йывăрлăхсем нумай вăхăт хушши ӳссе пынă тапхăр хыççăн, вăрçă хыççăнхи çулсенче малтанхи хут пĕтĕм тĕнчери лару-тăру хăшпĕр таран çăмăлланса пыни сисĕнме пуçларĕ. Тавлашуллă тата татса паман ыйтусене татса пама çул тупма май пурри çинчен çĕршер миллион çынсем тата çирĕпрех шанса тăраççĕ. Ку вăл халăхсем нумай вăхăтлăха пыракан çирĕп миршĕн тăнине кăтартса парать.

Çапах та тĕнчери йывăрлăха çăмăллатас политикăна мĕнле те пулин путлантарма хăтланакан вăйсем пуррине курмасăр иртсе кайма çук. Шăпах та çак сăлтавпа ĕнтĕ Корейăри перемири пирки калаçусем вăраха кайса пычĕç. Хĕвеланăç Германире тата Японире вăрçă плацдармĕсем тăваççĕ, демократиллĕ лагерьти çĕршывсене хирĕç провокацисем организацилеççĕ, атомпа хăратас политикăна тытса пыраççĕ.

Агрессиллĕ ушкăнсем тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатассине хирĕç хытă тăраççĕ, мĕншĕн тесен событисен аталанăвĕ çав çулпа каяс пулсан, васкасах хĕçпăшалланассине, хĕçпăшал фабрикантĕсене пысăк услам паракансене тата промышленноçа тулли ĕçлеттернĕ пек кăтартакансене, чарса лартма тивет. Вĕсем хăйсен каламасăр пысăк усламĕсемшĕн хăраççĕ. Тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатас пулсан, оборона тĕллевĕсемшĕн тесе тунă Çурçĕр Атлантика блокĕ, тĕрĕссипе илсен, мир ĕçĕшĕн тĕп хăрушлăх пулнине миллионшар та миллионшар çынсем ăнланса илесрен хăраççĕ çав агрессиллĕ ушкăнсем. Агрессиллĕ ушкăнсем çакна та шута илеççĕ: халĕ, тĕнчери лару-тăру йывăр пулнă вăхăтра та, Çурçĕр Атлантика блокĕ шалти кĕрешӳпе тата хирĕçӳсемпе кисренсе тăрать пулсан, çав йывăрлăха çăмăллатсан, ĕç ку блок арканса пĕтесси патнех çитме пултарать.

Уççăнах курăнать ĕнтĕ, тĕнчере мире юратакан вăйсемпе пĕрлех хăйсене тĕнчери йывăрлăха çивĕчлетес политикăпа ытла та хытă çыхăнтарнă вăйсем те пур. Çав вăйсем вăрçăшăн тăраççĕ, вĕсене мир килĕшмест. Çав вăйсем пĕтĕм тĕнчери йывăрлăха çăмăллатнине хăйсемшĕн инкек пулать тесе шутлаççĕ. Вĕсем авантюра çулĕпе пыраççĕ, агрессиллĕ политика тытса пыраççĕ.

Çав политикăшăн «сивĕ вăрçă» текен стратегипе тата тĕнчере тĕрлĕ йышши провокацисем тăвассине пурнăçлаççĕ. Хальхи вăхăтра агрессиллĕ вăйсем тăвакан арккатуллă ĕçсем питĕ анлăн сарăлса кайни, государствăсен шалти ĕçĕсене сĕмсĕррĕн хутшăнни, тĕнчере хальхи вăхăтра тăтăшах провокацисем туни тĕнчери çĕршывсен çыхăнăвĕн историйĕнче халиччен пулман-ха.

Ĕç çакăн патнех çитнĕ: Америкăри хăшпĕр ушкăнсем суверереннăй çĕршывсен законлă правительствисене хирĕç кĕрешмелли арккатуллă ĕçе правительство политикин шайĕ таран çĕкленĕ. Çав тĕллевпе США-н государство бюджечĕ тăрăх общество юрăхсăра тухнă çыннисене диверсиллĕ бандăсене тара илме питĕ нумай укçа-тенкĕ уйăрса параççĕ, çав бандăсене сăтăрла ĕçсем тума демократиллĕ çĕршывсене яраççĕ. Çав тĕллевпе правительство организацийĕсене питĕ нумай тунă, вĕсем тĕнчере провокаци хыççăн провокаци тăваççĕ, вăя пысăка хурас пропагандăна тата мире юратакан халăхсене курайманлăх пропагандине сараççĕ.

Çакна палăртмалла: тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатма май килнĕ вăхăтра «США президенчĕ çумĕнчи психологиллĕ вăрçă ыйтăвĕсем енĕпе ĕçлекен Комитет» хăйĕн официальнăй докладне пичетлесе кăларнă. Пĕтĕм документра пĕр шухăш, пĕр вывод палăрса тăрать, вăл—США-н тулашри политика тĕлĕшĕнчи кирек мĕнле ĕçĕсем те «сивĕ вăрçă» е «психологиллĕ вăрçă» интересĕсемпе пулса пымалла.

Çак доклад тăрăх, Америка дипломатийĕн мĕн тумалла-ха? «Сивĕ вăрçă» тумалла имĕш.

США-н суту-илĕвĕпе экономикăлла ĕçĕсем мĕне пăхăнса тăмалла-ха? «Сивĕ вăрçăна».

США-н культурăллă çыхăнăвĕсене мĕнле задачăсене пурнăçлас шутпа туса пыраççĕ-ха? «Сивĕ вăрçă» задачисем валли.

Фактсем, малалла, çакăн çинчен калаççĕ: «сивĕ вăрçă» политики вăхăт иртнĕ çемĕн пĕрмаях йĕркеллĕ дипломатиллĕ çыхăнусене вăйпа ирĕксĕрлесе хĕсĕрлемелли политикăпа улăштарасси патне илсе пырать, пĕтĕм тĕнчери экономикăлла çыхăнусене арпаштарса ярать, çĕршывсем хушшинчи çыхăнусене юриех çивĕчлетсе пырать.

«Сивĕ вăрçă» политикине пурнăçлассишĕн ытла хапсăнса çине тăни час-часах çакăн патне илсе пырать: çак политикăна пурнăçласа пыраканĕсем государствăсем хушшинчи культурăллă çыхăнусен питĕ паллă законĕсене те пăхăнмаççĕ, вĕсен хăйсен те вара час-часах кулăшла положение лекме тивет. Нумай пулмасть-ха пĕтĕм тĕнче «сивĕ вăрçă» текен стратегипе Америкăпа Совет Союзĕ хушшинче шахмат матчĕ тăвас ыйту пирки те усă курни палăрчĕ. (Залра хускалса илеççĕ). Юстици министерстви тата государство департаменчĕ Америка шахматисчĕсем хăнана чĕннĕ совет шахматисчĕсен Нью-Йоркран 12 мильăра вырнаçнă ООН-ри Совет представительствин Гленков хулинчи дачине кайма ирĕк памарĕç. Паллă ĕнтĕ, Совет Союзне урăх çĕршывсенчен килекен пиншер хăнасем, вăл шутра американецсем те, пирĕн çĕршыв тăрăх çӳреççĕ, калăпăр, Ташкента, Тбилисине, Киева е ытти районсене кайса çӳреме пултараççĕ. Çапла пулса тухать: Пĕрлешӳллĕ Штатсенче чĕннĕ хăнасене 12 миля таврашĕнче те куçса çӳреме чараççĕ, çав вăхăтрах урăх çĕршывсенчен килнĕ хăнасем Совет Союзĕнче ирĕклĕнех пиншер мильăна куçса çӳреме пултараççĕ. Çакăн хыççăн Совет Союзĕнче «тимĕр чаршав» пур тесе сӳпĕлтетме мĕнле хăяççĕ-ха! (Тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ).

Пĕтĕм тĕнчери событисен аталанăвĕ çакна кăтартса парать: «сивĕ вăрçă» политики, пĕтĕм тĕнчери провокацисен политики пĕтĕм тĕнчери лару-тăрăва йывăрлатать.

Пĕтĕм тĕнчери лару-тăрăва çивĕчлетсе пымалли çул-йĕр тытса пырса, хăшпĕр паллă деятельсем, анчах та тӳрех калăпăр, инçетрине курман океан леш енчи политиксем (залра хускалаççĕ. Алă çупаççĕ) Совет Союзĕ халăхсем хушшинче мир туса хурассишĕн тăрăшнине, вăл пĕтĕм тĕнчери йывăрлăха çăмăллатма тăрăшнине пирĕн вăйсăрлăх палăрни пек кăтартса пама хăтланаççĕ. Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенчи хăшпĕр ушкăнсем пĕтĕм тĕнчери тавлашуллă ыйтусене ăссăррăн татса пама хăтланнине, вĕсен хĕсмелли тата тĕрлĕ йышши авантюрăсем тумалли политикине çавăн пек тĕлли-паллисĕр ăнкăрнине шăпах çакăнпа ăнлантарса памалла та ĕнтĕ.

Çак «философире», паллах, çĕнни нимĕн те çук. Тĕнче манма ĕлкĕреймен-ха: никам та мар, Гитлер, Совет Союзĕ «тăм урасем çинче тăракан япала» тесе ăссăр шутласа, пирĕн çĕршыва хирĕçле вăрă-хурахла авантюра пуçласа ячĕ. Паллă ĕнтĕ, çакă вăл Германи фашизмне тĕпĕ-йĕрĕпех аркатса тăкасси патне илсе пычĕ.

Çакна ыйтма кирлĕ: мĕне кура Америкăн уйрăм политикĕсем Совет Союзĕ вăйсăрри çинчен тепĕр хут калаççĕ-ха халĕ?

Йĕркеллĕ шухăшлакан пĕр çын та çакна тунма пултараймасть: Совет Союзĕн пĕтĕм тĕнчери лару-тăрăвĕ хальхи вăхăтра нихçанхинчен те çирĕпрех, тăванла пĕтĕçсе пирĕнпе пĕрле демократиллĕ хăватлă лагерь пырать, мире сыхласа хăварассишĕн пĕр пăркаланмасăр кĕрешнĕшĕн Совет государстви тĕнчери пĕтĕм çĕршывсенчи миллионшар çынсем умĕнче питех те пысăк авторитетпа тата шанчăкпа усă курать. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Пирĕн çĕршыва питех те курайман усал тăшмансем те çакна йышăнаççĕ: тĕнчери иккĕмĕш вăрçă вĕçленнĕ хыççăн Совет Союзĕнче хуçалăх, культура тата халăх ырлăхĕ çултан-çул вăйлăн çĕкленсе пыраççĕ. Совет обществин пĕрлĕхĕ нихçан та хальхи пек пĕр шухăшлă пулман, совет халăхĕсен тăванла туслăхĕ нихçан та хальхи вăхăтри пек никам çĕмĕрейми çирĕп пулман. (Алă çупаççĕ). Чăн та, халăх тăшманне Берияна тăрă шыв çине кăларнă тата унăн тискер ĕçĕсене пĕтерсе хунă факта пирĕн çĕршыв вăйсăрланнă пек кăтартма хăтланакансем чикĕ леш енче тупăнчĕç. Анчах та вĕсем инçетрине курман политиксем. Пурне те паллă, империализмăн сĕмсĕр агентне Берияна çийĕнчех тăрă шыв çине кăларса унăн сăтăрла ĕçĕсене пĕтерме май килчĕ пулсан, çакă вăл Совет государстви вăйсăрланни çинчен каламасть. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Паллă ĕнтĕ, ют çĕршывсенче вăрçăшăн тăракансем хăйсене нумай вăхăт хушши атомлă бомба тăвас ĕçре Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем монополист пулса тăраççĕ тесе йăпанса пурăнчĕç. Анчах та пурнăç ку тĕлĕшпе вĕсем питĕ хытă улталаннине кăтартса пачĕ. Атомлă бомба тăвас енĕпе Пĕрлешӳллĕ Штатсем тахçантанпах ĕнтĕ монополистсем мар. Океан леш енчи Мир тăшманĕсем юлашки вăхăтра хăйсене хăйсем тепĕр майлă йăпатма пуçларĕç. Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен атомлă бомбăран хăватлăрах хĕçпăшал пур имĕш, Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем водород бомбин монополисчĕсем пулса тăраççĕ, теççĕ. Ку чăн пулсан, çакă вăл вĕсене мĕн чухлĕ те пулин йăпатакан япала пулнă пулĕччĕ. Анчах та ку апла мар. Правительство Верховнăй Совета çакăн çинчен пĕлтерме кирлĕ тесе шутлать: Пĕрлешӳллĕ Штатсем водород бомби тăвас тĕлĕшпе те монополистсем пулса тăмаççĕ. (Тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ).

Куратăр ĕнтĕ, СССР «вăйсăрри çинчен» сӳпĕлтетнине витĕмлĕ фактсем сиресире пăрахаççĕ. Анчах та çавнашкал сӳпĕлтетсе пурăнаканĕсем фактсене мар, шухăшласа кăларнисене ытларах кăмăллаççĕ.

США-ри чи агрессиллĕ идеологипе тата политикăпа палăрса тăракан хăшпĕр официальнăй деятельсем те çавăн пек тăваççĕ. Темĕн те пĕр шухăшласа кăларнисемпе усă курса, вĕсем Совет Союзĕ тата халăх демократи çĕршывĕсем тĕлĕшпе «хытă курс» текенскерне тытса пыраççĕ, Çурçĕр Атлантика блокĕнчи хăйсене итлеме килĕшмен партнерĕсене хĕсеççĕ, пĕтĕм тĕнчери çыхăнусене тăтăшах çивĕчлетсе пыраççĕ.

«Хытă курс» майлă тăракансем Совет Союзне хирĕç юнама пăрахмаççĕ. Вĕсем уççăнах çапла тума чĕнеççĕ: США-н Совет Союзĕ умне ультимативлă требованисем чылай кăларса тăратмалла, «вĕсене вăйпа çирĕплетмелле», теççĕ. Сăмахран, ют çĕршывсен ĕçĕсем енĕпе ĕçлекен сенат комиссийĕн председателĕ Уайли сенатор çавăн пек тăвать. Государство департаменчĕн паллă представителĕсем США-на Совет Союзĕпе пĕр чĕлхепе кăна, «вăй чĕлхипе» çеç калаçма хушаççĕ.

Уайли господина тата Совет Союзĕ тĕлĕшпе вăй политикине тытса пыма хăтланакана кирек кама та ытлашши шала кĕмесĕр çапла ответлĕпĕр: «Ăппăнтăн, кумма, урăх урăран пуçларăн ташлама». (Залра пурте кулаççĕ. Тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ).

Юлташсем! Пĕтĕм тĕнчери çыхăнусен хальхи тапхăрĕ уйрăмах кирлĕ те ответлă пулса тăрать. Пĕтĕм тĕнчери лару-тăрура палăрнă хăшпĕр çăмăллăхсем вырăнне йывăрлăхсем çĕнĕрен килсе тухас пулсан, этемлĕх умĕнче преступлени туни пулнă пулĕччĕ. Совет Союзĕн тулашри политики паллă.

Совет Союзĕ мире сыхласа хăвармалли тата тĕреклетмелли политикăна пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пырĕ, пĕр-пĕрне килĕштерсе пурăнма, ĕçлĕ çыхăнусем тытма тăрăшакан государствăсемпе çавăн пек çыхăнусене аталантарса пырĕ, аслă Китай халăхĕпе, мĕнпур халăх демократи çĕршывĕсемпе тăванла туслăха тата пĕрлĕхе çирĕплетсе пырĕ.

Эпир çакăн пек позици çинче çирĕп тăратпăр: интереслеенекен енсем пĕр-пĕринпе калаçса татăлнă никĕс çинче мирлĕ майпа татса памалла мар тавлашуллă ыйтусем хальхи вăхăтра çук. Ку вăл Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе Совет Союзĕ хушшинчи тавлашуллă ыйтусем пирки те çавăн пекех, эпир икĕ система мирлĕ майпа пурăнассишĕн тăратпăр. Эпир çапла шутлатпăр: Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе Совет Союзĕ хушшинче хирĕçсе кайма объективлă никĕс çук. Икĕ государствăн хăрушсăрлăх интересĕсене, пĕтĕм тĕнчери хăрушсăрлăх интересĕсем пекех, Пĕрлешӳллĕ Штатсен тата Совет Союзĕн суту-илӳ аталанăвĕн интересĕсене çак икĕ çĕршывăн йĕркеллĕ çыхăнăвĕсен никĕсĕ çинче пурнăçа кĕртме пулать.

Пирĕн вăхăтра кирек хăш çĕршыв правительстви те, вăл хăйĕн халăхĕн кун-çулĕшĕн чăннипех тăрăшать пулсан, тĕнчери тавлашуллă ыйтусене майлаштарса яма ĕçпе пулăшма мерăсем йышăнма тивĕç. Аслă державăсем хушшинче пĕр-пĕринпе калаçусем ирттерни, паллах ĕнтĕ, пысăк вырăн йышăннă пулĕччĕ. Паллах, çакăн валли тивĕçлĕ ĕçсем туса ирттерни кирлĕ.

Юлашки вăхăтра Англире тата ытти чылай çĕршывсенче аслă общественность пĕтĕм тĕнчери йывăрлăха вăйсăрлатма эффективлă мерăсем йышăнма хушать. Çак çĕршывсенчи политикăлла ушкăнсенче тавлашуллă ыйтусене татса пама май пуррине йышăнни вăйланать. Анчах та çав май пуррине сăмахпа кăна йышăнни пани çителĕксĕр.

Америкăри редакторсен обществинче США президенчĕ апрелĕн 16-мĕшĕнче тухса каланă сăмахра çапла пĕлтернĕ: тавлашуллă ыйтусенчен пĕри те, «пысăк-и вăл е пĕчĕк, ытти мĕнпур çĕршывсен прависене хисеплес кăмăл пур пулсан, татса памалла мар ыйту пулса тăмасть». Ку вăл кирлĕ заявлени, ăна ырлама та юратчĕ пулĕ. Анчах, питех те шел, Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенчи власра тăракан ушкăнсен чăн-чăн политики Эйзенхауэр çавăн пек пĕлтернине пачах хирĕç пырать.

Мĕнпур çĕршывсен прависене хисеплесси çинчен сăмах чăнласах пырать пулсан, агрессиллĕ политикăна пăрахăçа кăлармалла, пĕтĕм тĕнчери ыйтусене интересленекен енсем пĕр-пĕринпе калаçса татăлнă никĕс çинче йĕркелес çул çине тăмалла. Мĕнпур çĕршывсен прависене хисеплесси çинчен сăмах чăнласах пырать пулсан, Китая хисеплемен политикăна пĕтермелле. Китай Халăх Республикине Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕнче тепĕр хут ăна тивĕçлĕ правасем памалла. (Тăвăллăн алă çупаççĕ). Аслă Китай держави Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕнче те, çавăн пекех пĕтĕм тĕнчери çыхăнусен системинче те хăйĕн законлă вырăнне йышăнма тивĕçлĕ. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Куçуххехи лару-тăру пĕтĕм тĕнчери йывăрлăха малашне вăйсăрлатассишĕн тата тавлашуллă ыйтусене калаçусем ирттерсе йĕркелессишĕн уйрăмах аслă державăсем ответлă пулни çинчен калать. ООН Уставĕ пĕтĕм тĕнчери мирпе хăрушсăрлăха тытса тăма пĕтĕм ответлăха вĕсем çине хурать те ĕнтĕ.

Мире çирĕплетес ĕçĕн тата пĕтĕм тĕнчери хăрушсăрлăхăн интересĕсем çапла тума хушаççĕ: хĕçпăшалсене чакарас, атомлă бомбăпа, çавăн пекех çынсене массăллăн вĕлермелли ытти хĕçпăшалсемпе усă курма чарас ĕçре чăнахах та прогресс тума аслă державăсен пĕтĕм вăя хумалла.

Пилĕк аслă держава хушшинче Мир пакчĕ тăвассипе малтанах килĕшмесĕр тăнине хăшпĕр аслă державăсен пăрахăçа кăларсан этемлĕх интересĕсемшĕн аван пулнă пулĕччĕ.

Çак ыйтусене ăнăçлăн татса пама Совет Союзĕ хăй енчен мĕн кирлине пурне те тума хатĕр. Вăраха ямасăр татса памалли Германи ыйтăвне те татса парас пулать, вăл питех те пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать.

Германи ыйтăвне татса пама пулать тата ăна татса памалла та. Çакна тума Европăри мĕнпур çĕршывсен, пуринчен ытла Германин хĕвеланăçĕнчи тата хĕвелтухăçĕнчи кӳршĕсен хăрушсăрлăхне тĕреклетес интереса, çавăн пекех пĕрлех Германи халăхĕн нациллĕ интересĕсене тĕп вырăна хумалла. Çакна тума Германие агрессиллĕ вăрçă блокне хутшăнтармалли политикăна, агрессиллĕ милитаризмла Германие çĕнĕрен туса хумалли политикăна пăрахăçа кăлармалла.

Пире агрессиллĕ милитаризмла Германие çĕнĕрен туса хунипе килĕшме хушаççĕ, çав вăхăтрах хăйсем Европăра мир пулмалла тăвасси çинчен калаçма хăяççĕ. Анчах милитаризмла Германие хирĕç пынă вăрçăра пирĕн халăх Европăри чи хăрушă вăрçă вучахне çĕнĕрен чĕртес тесе мар хăйĕн миллионшар ывăлĕсемпе хĕрĕсен юнне юхтарчĕ. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Аслă державăсем Германин нациллĕ пĕрлĕхне аркатма мар, сыхлама, Германи милитаризмне çĕнĕрен чĕрĕлме пулăшма мар, Германирен демократиллĕ государство туса хума обязательство илнĕ. Совет Союзĕ хăй енчен çав обязательствăсене пурнăçлама пĕтĕм вăйран тăрăшĕ.

Германи халăхĕ хăйĕн историйĕнчен пысăк выводсем турĕ. Милитаризмла шайкка интересĕсемшĕн, Германие пĕр хутчен кăна мар катастрофа патне илсе çитернĕ шайкка интересĕсемшĕн вăл хăйĕн юнне тепĕр хут юхтарасшăн мар.

Милитаризмла Германи, вăл ĕлĕкхи тумпа витĕнет пулсан та, е «Европăри оборона пĕрлешĕвĕ» текенскерĕпе витĕнсен те, Францишĕн тата кӳршĕри ытти государствăшăн та чи усал тăшман пулса тăрать. Çавăнпа та Францие «Европăри оборона пĕрлешĕвĕ» çумне кирек мĕнле майпа кăкарни те Францие Германи реваншисчĕсен аллине панине пĕлтернĕ пулĕччĕ.

Франци нацийĕ ют çĕршыва пăхăнса тăракан Францие йывăрлăхран кăларма çул шырать. Çав йывăрлăхран, паллах, тухма пулать. Çавна тума тулашри политикăна харпăр хăй тĕллĕн, никама пăхăнмасăр тытса пымалла, çакă вăл çĕршыв хăрушсăрлăхне тĕреклетет тата Францие ура çине тăратас интересене тивĕçтерет.

Эпир Франци халăхне, пирĕн халăхпа нумай çулсем хушши туслă çыхăнусем тытнă халăха, пĕтĕмĕшле тăшмана хирĕç, Германи милитаризмне хирĕç пĕрле кĕрешсе юн юхтарнă халăха, йывăрлăхран тухас çул çинче çитĕнӳсем тума хĕрӳллĕн ырă сунатпăр. (Алă çупаççĕ). Эпир Совет Союзĕпе Франци хушшинче союзлă пулас тата пĕр-пĕрне пулăшас тĕлĕшпе тунă договор пурри çинчен манмастпăр, çав договор пирĕн çĕршывсем хушшинчи çыхăнусене аталантарса тĕреклетмелли никĕс пулма, Европăра хăрушсăрлăх туса хурас ĕçе усă кӳме пултарать.

Çавăн пекех Австри ыйтăвне йĕркелес пулать. Çакна тума юриех тăвакан йывăрлăхсене, «кĕскетнĕ договор» тенĕскер йышшисене, сирсе ярас пулать, çав «кĕскетнĕ договор» тăватă держава хушшинче тунă килĕшӳсене хирĕç пырать. Çакăн пирки никам та иккĕленме пултараймасть: Германи ыйтăвне тĕрĕс татса пани Австри ыйтăвне те татса пама пулăшнă пулĕччĕ.

Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн авторитечĕпе пĕлтерĕшне ӳстерни мир ĕçне тĕреклетмелли паха условие пулса тăрать. Пĕтĕм тĕнчери çак организаци халĕ, тĕрĕссипе илсен, йывăр кризисра пурăнать, мĕншĕн тесен унăн пĕлтерĕшне пĕчĕклетсе, ăна Çурçĕр Атлантика блокĕн кӳсекĕ туса хунă.

Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕ ООН Уставĕпе палăртса хунă çул çине тăма тивĕç. Пĕрлешнĕ Нацисен Организацине тӳррĕмĕнех тивекен тивĕç вăл пĕтĕм тĕнчери ыйтусене йĕркелеме пулăшасси тата ООН-ăн кирек хăш членĕ енчен тепĕр государствăна хирĕç агресси тăвасран сыхласси пулать. Совет Правительстви ку ĕçре çине тăрса пулăшу парса пырĕ. (Алă çупаççĕ).

Совет Союзĕ мир политикине пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пынă тата малашне те пурнăçласа пырĕ. Совет Союзĕ никам çине те тапăнма шутламасть. Агрессиллĕ шухăшсем уншăн ют. Çакна мĕнпур çĕршывсенчи халăхсем шанса тăма пултараççĕ. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Çапах та, мир ĕçĕшĕн çине тăрса кĕрешсе, эпир çав вăхăтрах аслă Совет Союзĕн оборонине ывăнма пĕлмесĕр тĕреклетсе лайăхлатас тĕлĕшпе хамăрăн чи таса тивĕçе çирĕппĕн асра тытса тăма тивĕç. Кам та пулин, ăсран тухса, пирĕн тăван çĕршывăн хăрушсăрлăхне пăсма хăтланас-мĕн пуласран сыхланма эпир çавăн пек тума тивĕç. Кирек мĕнле вăрçă авантюрисчĕсемпе провокаторĕсен вĕри пуçĕсене сивĕтме тата вĕсене социализмла çĕнтерӳсене, Совет Союзĕн вăй-хăватне хисеплеттерме совет çыннисем кирек хăш вăхăтра та хатĕр пулма тивĕç. (Нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ).

Совет Правительствишĕн, пирĕншĕн пуриншĕн те, совет çыннисемшĕн, мире тĕреклетес ĕç тата халăхсен хăрушсăрлăхне туса хурасси тактикăпа дипломатиллĕ маневр ыйтăвĕ пулса тăмасть. Ку вăл тулашри политика тĕлĕшпе пирĕн генеральнăй çул-йĕр пулса тăрать. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Чи сывăх вăхăтрах тĕнчери лару-тăрури йывăрлăх çăмăлланасса çĕршер миллион çынсем ĕненсе тата шанса тăраççĕ. Халăхсем çак шанăçа ан сухатчăр тесе хытă тăрăшмалла.

(Юлашки 4-мĕш страницăра).

# СССР Верховнăй Совечĕн ларăвĕсем

## СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Г. М. МАЛЕНКОВ юлташăн сăмахĕ

(Юлашки. Пуçламăшĕ 1—2—3-мĕш страницăсенче).

### III.

### Пирĕн ĕçе никам та çĕнтереймест

Депутат юлташсем! Совет Правительствин шалтипе тулашри политики СССР Союзĕнчи мĕнпур халăхсен пурнăçри интересĕсене тивĕçтерет. Çавăнпа та ăна вĕсем пĕтĕмпех ырласа тата пурнăçласа пыраççĕ.

Совет халăхĕн моральлĕ-политикăлла пĕрлĕхĕ, вăл Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви тавра тачă пĕтĕçсе тăни пирĕн социализмла государствăн вăйĕпе тĕревлĕхĕ, коммунизм тăвас ĕçри унăн çитĕнĕвĕсен аслă çăлкуçĕ пулса тăрать. Совет Союзĕ—социализмла хăватлă держава, творчествăлла тулли вăйпа вăл коммунизмла общество тумалли çулпа ăнăçлăн малалла пырать.

Пирĕн çĕршывăн социализмла стройĕн хамăрăн экономикăпа культурăна çĕнĕрен тата та хăватлăрах аталантарма тата культурăна чечеклентерме, халăхăн материаллă пурнăçне малалла лайăхлатма пысăк майсем пур. Совет обществине пур енĕпе те малалла аталантарас тесе тата ăна майĕпен коммунизм патне илсе пырас тесе, эпир çав пур майсемпе те усă курăпăр. Иккĕленме кирлĕ мар: вăл çавăн пек пулать те. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Ситменлĕхсене палăртса уççăн критиклесе,—çав ситменлĕхсен çинчен Верховнăй Советăн çак сессийĕнче те каласрăмăр тата хамăрăн ĕçсене те куллен çавăн пек пулать, хамăр тăвакан ĕçсене эпир экономикăлла кризисран, экономикăлла депрессирен тухас тесе тумастпăр, ун пирки капитализмла государствăсен кăна тертленме тивет. Эпир çав ĕçсене хамăрăн ялхуçалăхĕпе промышленноçа, хамăрăн пĕтĕм экономикăна тата хăватлăрах вăйлатас тесе, социализмла хуçалăхăн мĕнпур майĕсене лайăхрах усă курас тата халăх пурнăçне лайăхлатас, пирĕн хăватлă социализмла Тăван çĕршыва тата тĕреклĕрех тăвас тесе тăватпăр. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Мĕнпур буржуазла партисемпе государствăсем, хăйсен чăн-чăн тĕллевĕсемпе политикине пытараççĕ. Коммунистсен партийĕпе Совет государстви вĕсенчен пачах уйрăлса, вĕсен тĕллевĕсемпе политики пĕтĕм халăхшăн уçăмлă та паллă.

Пирĕн партипе Совет государстви никĕсне хываканĕ В. И. Ленин çапла вĕрентет: «Государство массăсен ăнланулăхĕпе вăйлă. Массăсем пурин çинчен те пĕлеççĕ, пурин çинчен те хăйсем шухăшласа пултараççĕ тата пурне те ăнланса тăваççĕ пулсан, вăл вăйлă». Çавăнпа та парти массăсен политикăлла тата культурăлла шайне ÿстерес тĕлĕшпе тăван пĕлмесĕр ĕçлет. Совет государствипе Коммунистсен партийĕ массăсене совет патриотизмĕ майлă, ĕç çине коммунизмла пăхма, социализмла пурлăха тирпейлĕ упрама, государство интересне тарăн ăнланса илме, революцилле сыхăлăх пулма, халăхсен туслăхне тĕреклетме тăтăшах воспитани парать.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви халăха ăсталла тата мĕнле ертсе пымаллине пĕлсе тăраççĕ, мĕншĕн тесен вĕсем общество аталанăвĕн наукăллă теорийĕ—марксизм-ленинизм тăрăх ĕçлесе пыраççĕ, çав теори ялавне пирĕн аттепе учитель генийлĕ Ленин тата унăн ĕçне малалла туса пынă аслă Сталин çÿле çĕклерĕç. (Тăвăллăн алă çупаççĕ). Совет государствипе Коммунистсен партийĕ халăха Маркс—Энгельс—Ленин—Сталин вĕрентĕвĕн никĕсĕ çинче общество аталанăвĕн объективлă законĕсемпе, коммунизм строительствин законĕсемпе хĕçпăшаллантараççĕ, çапла майпа вара совет халăхĕн творчествăлла ĕçĕ валли малашлăха уççăн кăтартса параççĕ.

Пирĕн мĕнпур совет çыннисемшĕн тăван, хăватлă Коммунистсен партийĕ Совет государствине тĕреклетессишĕн, тулашри тăшмансем килсе тапăнасран хамăрăн Тăван çĕршывăн хăрушсăрлăхне çирĕплетессишĕн, Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕнчи халăхсене чечеклентерессишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшать. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Партин хурçă пек пĕрлĕхĕ, партин государствăна ертсе пырас ĕçри ролĕ, Совет государствин тĕреклĕхĕпе вăйĕ тата халăх интересĕсем ним уйрăлми тачă пĕтĕçсе тăраççĕ.

Совет халăхĕ çакна çирĕп ĕненсе тăма пултарать: Коммунистсен партийĕпе Правительство мĕнпур совет çыннисене тулăх та савăнăçлă пурнăç туса парассишĕн, пирĕн çĕршывра коммунизм обществи тумалли аслă тĕллеве пурнăçлассишĕн хăйсен вăйĕсемпе ĕçĕсене шеллемеççĕ. (Нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ).

Совет Союзĕпе пĕрле демократилле, мире юратакан пĕтĕм лагерь ÿссе тĕреклемет. Халăх демократи çĕршывĕсем шанчăклăн малалла пыраççĕ. Пĕтĕм демократилле лагерь хастарлă ĕçпе ĕçлесе пурăнать, халăх ырлăхне ÿстерессишĕн çине тăрса кĕрешет.

Халăх демократи çĕршывĕсенче тивĕçлипех çапла шутлаççĕ: рабочи класпа хресченсен çирĕп союзне тĕреклетсе çирĕплетсе пыни ăнăçлăн малалла каймалли тĕп условине никĕс пулса тăрать. Паллах, ĕçре тĕрĕсленнĕ ленинла çак политикăна пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пырсан кăна халăх демократи çĕршывĕсем умĕнче тăракан мĕнпур задачăсене татса пама пулать.

Пĕтĕм тĕнчери сыхăнусем тĕлĕшпе халăх демократи çĕршывĕсем Совет Союзĕпе пĕрле мир ĕçĕпе халăхсен хăрушсăрлăхне татăклăн хÿтĕлеççĕ.

Китай Халăх Республики, халăх демократин мĕнпур çĕршывĕсем хăйсен никама пăхăнса тăман политикине, хăйсен халăхĕсен пурнăçри интересĕсене тивĕçтерекен политикăна тытса пыраççĕ. Империализмла вăйсем текех ĕнтĕ империалистсене пăхăнса тăнине пĕтерсе хунă халăхсен пурнăçĕпе выляма пултараймаççĕ. Çакă вăл ют алăсемпе кăвар туртма тата халăхсене эксплуатацилеме юратакансене çав тери тарăхтарса уртарать. Анчах халăх демократи çĕршывĕсемшĕн ку мĕнех-ха вара? Вĕсем çĕнĕ çулпа пыраççĕ тата ун çинчен нихçан та пăрăнмĕç. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

800 миллион çынна, демократилле лагерьти халăхсен аслă çемйинчи çынсене, хăйсен юнĕпе тарне юхтарса çĕнсе илнĕ историллĕ çĕнтерÿсене каялла партарма, хăйсен халăх влаçĕ вырăнне эксплуататорсен влаçне тепĕр хут туса хуртарма май çуккине кам ăнланмасть, çавă хăйĕн айванлăхне кăна кăтартать. Агрессиллĕ вăйсем истори утăмне каялла çаврăнса яма пултарайманни çинчен пĕтĕм тĕнче пĕлет. Кам та кам пĕтĕм тĕнчери ыйтусенче тĕрĕс политика тытса пырас тет, унăн чăнлăха шута илмелле, фактсене, вĕсем кăмăла кайсан каймасан та, шута илмелле.

Çакна ăнланса илес пулать: пĕтĕм тĕнчери вăйсен хальхи шайлашăвĕнче, Совет Союзĕпе демократилле лагерь çĕршывĕсем тĕнчери хăйсен пурнăç интересĕсене çирĕппĕн хÿтĕлеме хатĕр тăнă чухне, икĕ система мирлĕ пурăнмалли политикăна тытса пырасси демократилле лагерьти çĕршывсен тивĕçĕ кăна мар, çавăн пекех тата мĕнпур çĕршывсен тивĕçĕ пулса тăрать. Мĕншĕн тесен урăх çул вăл—шанăçсăр авантюрăсемпе пурпĕрех поражени тÿсмелли çул.

Демократилле, çирĕп пĕрлĕхлĕ, атемлĕхĕн виçĕ пайĕнчен пĕр пайне пĕрлештерсе тăракан лагерь пĕтĕм тĕнчери мире сыхлас тата тĕреклетес ĕçре хăватлă фактор пулса тăрать. Тĕнчере çĕнĕ вăрçă пуçарса яма хыпăнакансемшĕн пуриншĕн те демократилле лагерьти халăхсем хăватлă чăрмав пулса тăраççĕ, çакăншăн вĕсене пĕтĕм атемлĕх тав тума тивĕç. Халăхсем сыхăлăхлă пулсан тата, агрессорсен планĕсене пурнăçлама парас мар тесе, хăйсен пĕтĕм вăйĕпе кĕрешсен,—мир пулатех. (Нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ).

Юлташсем! Совет çĕршывĕ умĕнче аслă задачăсем тăраççĕ. Çав задачăсене пурнăçлани пирĕн Тăван çĕршыва çĕнĕ çÿлĕ пусăма çĕклет, халăх пурнăçне тата та ытларах лайăхлатать, социализмла обществăна пур енчен те чечеклентерет.

Совет халăхĕн çирĕп пĕрлĕхĕ, вăл тăван Коммунистсен партийĕ тата Совет Правительстви тавра çав тери тачă пĕтĕçсе тăни пире, кашниех хаваслантарать тата пысăк шанăç парать. (Нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ).

Коммунистсен партийĕ, Совет Правительстви, пĕтĕм совет халăхĕ хăйсен пĕтĕм вăй-хăватне хамăр умра тăракан историлле задачăсене пурнăçлас ĕçе параççĕ.

Пирĕн ĕçе никам та çĕнтерейместь!

Хамăр çĕршывра коммунизм обществи тумалли çулпа эпир малалла шанчăклăн пыратпăр. (Тăвăллăн алă çупаççĕ. Алă çупни овацие куçать, Пурте тăраççĕ).

## Союз Совечĕн 1953 çулхи августăн 7-мĕшĕнче пулнă ларăвĕ çинчен ИНФОРМАЦИЛЛĔ ПĔЛТЕРÿ

Августăн 7-мĕшĕнче, ирхине 11 сехетре, Кремльте, Кремльти Пысăк Дворецра Союз Совечĕн виççĕмĕш ларăвĕ пулнă.

Лару председателĕ — Союз Совечĕн Председателĕ М. А. Яснов депутат.

Союз Совечĕн ларăвĕнче ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен тата ССР Союзĕн 1951 çулхипе 1952 çулхи Государство бюджетне пурнăçлани çинчен тунă доклада малалла сÿтсе явнă.

Пренира çаксем тухса каланă: Т. И. Кулиев депутат (Азербайджан ССР-ĕ, Сабирабад округĕ), У. Ю. Юсупов депутат (Узбек ССР-ĕ, Ташкент-Сталински округĕ), А. Е. Кочинян депутат (Армян ССР-ĕ, Ленинакан округĕ), А. Суеркулов депутат (Киргиз ССР-ĕ, Тяньшань округĕ), Г. Е. Коваленко депутат (Грозный облаçĕ, Грозный ял округĕ), Н. С. Тихонов депутат (Ленинград хули, Дзержински округ), А. И. Козлов депутат (Казах ССР-ĕ, Усть-Каменогорск округĕ), П. А. Литвинов депутат (Вологда облаçĕ, Череповецк округĕ), Д. Расулов депутат (Таджик ССР-ĕнчи Куляб округĕ), А. Ф. Третьяков юлташ (СССР Сывлăх министрĕ), С. Бабаев депутат (Туркмен ССР-ĕ, Ташауз округĕ), А. Е. Петрушев юлташ (ССР Союзĕнчи промысла кооперацийĕн Центральнăй Совечĕн правлени председателĕ).

Союз Совечĕн виççĕмĕш ларăвĕ çакăнпа хупăннă.

## Национальноçсен Совечĕн 1953 çулхи августăн 7-мĕшĕнче пулнă ларăвĕ çинчен ИНФОРМАЦИЛЛĔ ПĔЛТЕРÿ

Августăн 7-мĕшĕнче, каçхине 6 сехетре, Кремльте, Кремльти Пысăк Дворецра Национальноçсен Совечĕн виççĕмĕш ларăвĕ пулнă.

Лару председателĕ — Национальноçсен Совечĕн Председателĕ Ж. Шаяхметов депутат.

Национальноçсен Совечĕн ларăвĕнче ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен тата ССР Союзĕн 1951 çулхипе 1952 çулхи Государство бюджетне пурнăçлани çинчен тунă доклад тăрăх прени малалла пынă.

Пренире çаксем тухса каланă: П. С. Прокконен депутат (Карело-Финн ССР-ĕ, Питкярант округĕ), М. М. Медшидов депутат (Дагестан АССР-ĕ, Хунзах округĕ), СССР Машиностроени министрĕ С. А. Акопов, Г. Е. Бурмацкая депутат (Украина ССР-ĕ, Умань округĕ), А. И. Мирцхулава депутат (Абхаз АССР-ĕ, Гальски ял округĕ), И. А. Афанасьев депутат (Чăваш АССР-ĕ, Шупашкар округĕ), Б. А. Григорян депутат (Армян ССР-ĕ, 305-мĕш округ), М. М. Алиев депутат (Азербайджан ССР-ĕ, Лачински округ), Р. Т. Махль депутат (Эстони ССР-ĕ, Раквереск Кăнтăр округĕ), А. Т. Венцлова депутат (Литва ССР-ĕ, Алитус округĕ), А. Сарыев депутат (Туркмен ССР-ĕ, Кагановичски округ).

Çакăнпа Национальноçсен Совечĕн виççĕмĕш ларăвĕ хупăннă.

## Союз Совечĕпе Национальноçсен Совечĕн 1953 çулхи августăн 8-мĕшĕнче пулнă пĕрлехи ларăвĕ çинчен ИНФОРМАЦИЛЛĔ ПĔЛТЕРÿ

Августăн 8-мĕшĕнче, кăнтăрла 2 сехетре, Кремльте, Кремльти Пысăк Дворецра Союз Совечĕпе Национальноçсен Совечĕн пĕрлехи ларăвĕ пулнă.

Лару председателĕ—Союз Совечĕн Председателĕ—М. А. Яснов депутат.

Союз Совечĕпе Национальноçсен Совечĕн пĕрлехи ларăвĕнче ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен тата ССР Союзĕн 1951 çулхипе 1952 çулхи Государство бюджетне пурнăçлани çинчен тунă доклад тăрăх пренисем малалла пынă.

Пренире Я. Э. Калнберзин депутат (Латви ССР-ĕ, Рига хула округĕ) тухса каланă. Унтан лару председателĕ М. А. Яснов СССР Министрĕсен Совечĕн Председательне Г. М. Маленков юлташа сăмах парать.

СССР Верховнăй Совечĕ ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен тата ССР Союзĕн 1951 çулхипе 1952 çулхи Государство бюджетне пурнăçлани çинчен тунă доклад тăрăх пыракан пренисене вĕçлеме решени йышăнать тата СССР Финанс министрĕн А. Г. Зверев юлташăн юлашки сăмахне итлет.

И. С. Хохлов депутат сĕннĕ тăрăх, бюджета çирĕплетме çакăн пек йĕрке йышăнаççĕ: ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджетне тупăшсемпе расходсен пĕтĕмĕшле итогĕсем тăрăх сасăламалла; 1951 çулхипе 1952 çулхи Государство бюджетне пурнăçлани çинчен тунă отчета тупăшсемпе расходсем енĕпе пурнăçланин пĕтĕмĕшле итогĕсем тăрăх сасăламалла; ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен Закон проектне статьясем тăрăх сасăламалла; бюджета тата Государство бюджечĕ çинчен Закона палатăсенче уйрăммăн сасăламалла.

СССР Верховнăй Совечĕ, палатăсенче уйрăммăн сасăласа, ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджетне тата ССР Союзĕн 1951 çулхипе 1952 çулхи Государство бюджетне тултарни çинчен тунă отчета, пĕр саслă пулса, çирĕплетет.

Статьясем тăрăх, унтан вара пĕтĕмĕшпе, палатăсенче уйрăмшарăн сасăласа, Верховнăй Совет пĕр саслă пулса «ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен Закон» йышăнать.

Верховнăй Совет «Ялхуçалăх налогĕ çинчен Закон» йышăнассине пăхса тухма тытăнать. Л. Р. Корниец депутат сĕннипе Закон йышăнасси çинчен палатăсенче уйрăммăн пĕтĕмĕшпе сасăлаççĕ.

Национальноçсен Совечĕпе Союз Совечĕ, пĕр саслă пулса, «Ялхуçалăх налогĕ çинчен Закон» йышăнаççĕ.

Кун хыççăн СССР Верховнăй Совечĕ кун йĕркинчи тепĕр ыйтăва — СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕсене çирĕплетес ыйтăва пăхса тухма тытăнать.

Ку ыйтупа СССР Верховнăй Совет Президиумĕн секретарĕ Н. М. Пегов депутат доклад тăвать.

СССР Верховнăй Совечĕ, икĕ палати те пĕрле сасăланипе, пĕр саслă пулса, çакăн пек постановленисем йышăнать:

«СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Л. П. Берияна государствăна хирĕçле преступникла ĕçĕсем çинчен кăларнă Указне çирĕплетесси çинчен», «СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Вăтам машиностроени министерстви тăвасси çинчен кăларнă Указне çирĕплетесси çинчен», «СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Г. П. Косяченко юлташа СССР Госплан председателĕнчен хăтарасси çинчен кăларнă Указне çирĕплетесси çинчен», «СССР Верховнăй Совет Президиумĕн М. З. Сабуров юлташа СССР Госплан председателĕ пулма уйăрса лартасси çинчен кăларнă Указне çирĕплетесси çинчен», «СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Г. Н. Сафонов юлташа ССР Союзĕн Генеральнăй прокурорĕн ĕçĕсенчен хăтарасси çинчен йышăннă Указне çирĕплетесси çинчен».

СССР Верховнăй Совечĕ ССР Союзĕн Генеральнăй Прокурорĕ пулма Роман Андреевич Руденко юлташа уйăрса лартать.

СССР Верховнăй Совечĕ, пĕр саслă пулса, СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ çак юлташсене ĕçе уйăрса лартасси çинчен йышăннă Указсене çирĕплетет:

СССР Шалти ĕçĕсен министрĕ—Сергей Никифорович Круглов

СССР Вăтам машиностроени министрĕ—Вячеслав Александрович Малышев

СССР Транспортпа йывăр машиностроени министрĕ—Иван Исидорович Носенко

СССР Машиностроени министрĕ—Степан Акопович Акопов.

СССР Верховнăй Совечĕ СССР Верховнăй сучĕн членĕсем пулма çак юлташсене суйланă:

Николай Захарович Данилова

Петр Иванович Бардина

Федор Архипович Беляева.

Унтан СССР Верховнăй Совечĕ, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннипе парти ятне улăштарнине шута илсе, СССР Конституцийĕн 126 статьине улшăну кĕртесси çинчен Закон йышăннă.

Çакăнпа Союз Совечĕпе Национальноçсен Совечĕн пĕрлехи ларăвĕ вĕçленнĕ, сесси хупăнни çинчен пĕлтернĕ.

## СССР Финанс министрĕ А. Г. Зверев юлашкинчен тухса калани

Депутат юлташсем! СССР Министрĕсен Совечĕ мана СССР Верховнăй Советне çакăн çинчен пĕлтерме хушрĕ: вăл Союз Совечĕпе Национальноçсен Совечĕн Бюджет комиссийĕсем ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджетĕнчи тупăшсене ÿстерме сĕннипе килĕшет. СССР Министрĕсен Совечĕ депутатсем кăтартса панисене тата хăйсем тухса каланă чухне лартнă ыйтусене пăхса тухать тата шута илет. (Алă çупаççĕ).

## ССР Союзĕн Оборона Министрĕн ПРИКАЗĔ

1953 çулхи августăн 9-мĕшĕ. № 62. Мускав хули.

Юлташсем—летчиксем, штурмансем, инженерсем, техниксем, сывлăшри стрелоксемпе радистсем, авиаци механикĕсемпе мотористсем, авиаци промышленноçĕн работникĕсем!

Юлташсем—салтаксемпе матроссем, сержантсемпе старшинасем!

Юлташсем—офицерсем, генералсем, адмиралсем!

Паян Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ пирĕн çĕршыври мĕнпур ĕç çыннисемпе пĕрле Сывлăш Флот Кунне уявлаççĕ.

Сире Сывлăш Флот Кунĕ ячĕпе саламласа сывлăх сунатăп.

Совет Авиацийĕн личнăй составĕпе авиаци промышленноçĕн мĕнпур работникĕсене пирĕн Тăван çĕршывăн Сывлăш-Çар Вăйĕсене малалла аталантарса лайăхлатас ĕçре çĕнĕ, тата пысăкрах çитĕнÿсем тума сывлăх сунатăп.

Сывлăш Флот Кунне паллă туса, приказ паратăп:

Паян, 1953 çулхи августăн 9-мĕшĕнче, пирĕн Тăван çĕршывăн столицинче—Мускавра тата союзлă республикăсен столицисенче артиллерирен çирĕм хут пĕр харăс персе салют памалла.

Сывă пултăр Совет Сывлăш Флочĕ!

Сывă пулччăр совет халăхĕ тата унăн мухтавлă Çарĕпе Сывлăш-Çар Вăйĕсем!

Сывă пултăр Совет Правительстви!

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ!

*ССР Союзĕн Оборона Министрĕ*

*Совет Союзĕн Маршалĕ Н. А. БУЛГАНИН.*

## Совет авиацийĕн Кунĕ

СССР Сывлăш Флот Кунне совет халăхĕ политикăлла тата ĕçри питĕ пысăк çĕкленÿпе кĕтсе илчĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисемпе хавхаланса, совет çыннисем тăван Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра татах та таччăнрах пĕтĕçсе, хăйсен мĕнпур вăйĕсене тата творчествăлла вăй-хăватне пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă пурнăçлама мобилизацилеççĕ.

Пирĕн çĕршыв—авиаци çуралнă çĕршыв. Авиаци ĕмĕрне вырăс ученăйĕсем, изобретателĕсем тата летчикĕсем пуçласа янă, тĕнчере пуринчен малтан самолет, планер, парашют тунă, чи йывăр пилотажăн тата авиаци наукин никĕсне хывнă. Çакăншăн совет халăхĕ тивĕçлипех савăнать.

Коммунистсен партийĕ, унăн генилле çулпуçĕсем В. И. Ленинпа И. В. Сталин пирĕн çĕршывра авиацие аталантарасси çине питех те тимлĕн пăхнă. Вĕсем пуçарнипе çĕршывра авиаци енĕпе наукăпа тĕпчев ĕçĕсене тăвакан учрежденисем тата шкулсем уçнă, авиаци предприятийĕсем тунă. Наука çитĕнĕвĕсем çине тата социализмла хăватлă индустри çине таянса, парти ССР Союзĕн Сывлăш Флотне пĕрмаях çитĕнÿсем тумалли çулпа малалла илсе пырать, совет летчикĕсене, планерисчĕсене, парашютисчĕсене малта пыракан авиаци культурин çĕнĕ çитĕнĕвĕсене вĕренсе алла илме хавхалантарать.

Пирĕн мухтавлă Коммунистсен партийĕ ăста, паттăр, умма лартнă тĕллеве пурнăçлас ĕçре нимрен те хăраман авиаторсен кадрĕсене вĕрентсе ÿстерчĕ. Пĕтĕм халăх юратакан совет летчикĕсем пирĕн Тăван çĕршыв чысĕшĕн, ирĕклĕхĕшĕн, никама пăхăнманлăхĕшĕн пынă кĕрешÿсенче нихçан пулман мухтавлă та чаплă ĕçсем турĕç.

Совет Сывлăш Флотне пĕтĕм халăх юратать. Пирĕн авиацин пĕтĕм историйĕ халăхпа, партипе правительствăн организаторла питĕ пысăк ĕçĕпе пĕр уйрăлми сыхăнса тăрать. Коммунистсен партийĕ тата Совет правительстви куллен-кун тăрăшнипе ССР Сывлăш Флочĕ тăшмансене сехĕрлентерекен вăй пулса тăчĕ.

Мирлĕ ĕçпе пурăнакан совет çыннисем Коммунистсен аслă партийĕ ертсе пынипе социализмран майĕпен коммунизма куçас ĕçе ăнăçлăн пурнăçа кĕртсе пыраççĕ. Çакăнпа пĕр вăхăтрах вĕсем вăрçă пуçаракансен киревсĕр ĕçĕсене те тимлĕн сăнаса тăраççĕ. Пирĕн халăх Совет государствин вăй-хăватне малалла тĕреклетсе пыма мĕн кирлине пурне те тăвать. СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕнче пăхса тухса çирĕплетме тăратнă Государство бюджечĕ те çавăн çинчен калать.

СССР Хĕçпăшаллă Вăйĕсене халăх юратни çара, авиацие тата флота пулăшакан ирĕклĕ общество—ДОСААФ ĕçĕсенчен уççăн курăнать. Хулапа ялти нумай ĕçченсем çак общество ретне кĕрсе, унăн нумай енлĕ ĕçĕсене активлă хутшăнаççĕ.

Авиаци спортне совет çыннисем, уйрăмах çамрăксем питĕ юратаççĕ. Аэроклубсенче çамрăксемпе хĕрачасем авиаци спорчĕн искусствине вĕренсе алла илеççĕ: самолетпа, планерпа вĕçме, парашютпа сикме вĕренеççĕ. Социализм условийĕсенче кăна сывлăш спорчĕ пĕтĕм халăх интересĕсемпе сыхăнса тăрать.

Пирĕн партипе правительство авиаци спортне аталантарма пур условисене те туса пачĕç. Ĕççыннисем валли аэроклубсем, планер станцийĕсем, парашют вышкисем, авиамодель мастерскойĕсем, лабораторисем нумай тунă.

Пирĕн республикăра та авиаци спорчĕ саралса пырать. Нумай çамрăксемпе хĕрачасем аэроклубра вĕçев ĕçĕн искусствине вĕренеççĕ.

Аслă Отечественнăй вăрçăра чăваш халăхĕн ывăлĕсемпе хĕрĕсем, мухтавлă совет соколĕсем—З. Парфёнова, А. Тухланов, М. Сапожников, А. Казаков, И. Герасимов, И. Карпеев тата ыттисем те фашистла захватчиксене хирĕç паттăрла çапăçрĕç, Совет Союзĕн Геройĕ ятне илме тивĕçлĕ пулчĕç. Вĕсем авиаци ĕçне чи малтан Шупашкарти аэроклубра вĕреннĕ.

Республикăри ДОСААФ членĕсенчен нумайăшĕ, авиаци ĕçне малтан хăйсен предприятийĕсенче, учрежденийĕсенче тата колхозсенче вĕреннĕ хыççăн, аэроклуба вĕренме килеççĕ, вĕсем унта хăйсен пĕлĕвĕпе спорт ăсталăхне ÿстереççĕ. Нумаях пулмасть Ишлей, Муркаш, Красноармейски тата ытти хăшпĕр районсенчи çамрăксем те Шупашкарти аэроклуба килсе хăйсем вырăнта вĕреннине практикăпа çирĕплетрĕç: вĕсем самолет çинчен парашютпа сикрĕç.

Анчах çак обществăн вырăнсенчи хăшпĕр оргкомитечĕсем авиаци спортне массăллăн аталантарассишĕн тата пирĕн летчиксен, планеристсен, парашютистсен, авиамоделистсен спорт ăсталăхне ÿстерессишĕн кирлĕ пек тăрăшмаççĕ. Сăмахран, Шăхасан, Чурачăк, Шăмăршă, Калинино тата ытти хăшпĕр районсенче авиаци ĕçне вĕренмелли группăсем, кружоксем, спорт командисем организацилемен. Çав районсенче сывлăш спортне вĕренме ĕмĕтленекен çамрăксемпе хĕрачасем сахал мар. Анчах ДОСААФ-ăн оргкомитечĕсем çамрăксен ĕмĕтне пурнăçлассишĕн пачах тăрăшмаççĕ. Канаш хуличи оргкомитет авиаци ĕçне çамрăксем хушшинче сарас тĕлĕшпе уйрăмах япăх ĕçлет. Çак ĕçе йĕркелеме кирлĕ майсем çителĕклĕ пулин те оргкомитет вĕсемпе усă курмасть.

ДОСААФ членĕсен законлă ыйтăвĕсене тивĕçтересси — пуçламăш организацисем, районти, хулари, республикăри оргкомитетсем тата аэроклубсен тÿрремĕнех тумалли ĕçĕ. Пирĕн задача ĕççыннисене общество членне ытларах кĕртесси тата вĕсене оборона ĕçне активлă хутшăнтарасси пулать.

Çак пысăк та хисеплĕ задачăна партин вырăнти организацийĕсем ДОСААФ комитечĕсемпе вĕренÿ организацийĕсен руководителĕсен ĕçне куллен тĕрĕслесе тăрсан кăна ăнăçлă пурнăçлама пулать. Пирĕн мĕнпур çитĕнÿсен çăлкуçĕ—парти ертсе пынинче.

Ирĕклĕ обществăна кулленхи ĕçре комсомол, профсоюз, спорт организацийĕсен тимлĕн пулăшса пымалла.

СССР Сывлăш Флочĕн Кунне совет çыннисем пысăк çитĕнÿсемпе кĕтсе илеççĕ. Çак пĕтĕм халăх уявĕнче пирĕн летчиксем, авиаци промышленноçĕнче ĕçлекенсем, сывлăш спортсменĕсем Коммунистсен партийĕпе Совет правительствине вĕçĕ-хĕррисĕр юратнине тата парăннине, пирĕн паттăр авиацин вăй-хăватне ÿстерес тĕлĕшпе ывăнма пĕлмесĕр тăрăшнине кăтартса парĕç.

## Кĕрхи тырăсем акаççĕ

КУСЛАВККА, августăн 8-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти колхозсем кĕрхи тырăсем акма тытăнчĕç. Машина-трактор станцийĕн А. Скворцов юлташ ертсе пыракан бригади «Новый путь» колхозра виçĕ кун хушшинче 61 гектар ыраш акнă. Кунта кĕрхи тырăсем акас ĕçе колхоз агрономĕ В. Богатова юлташ куллен ертсе пырать.

Кĕракине районта чи малтан тухнă «Алга» колхоз çак ĕçе кунтан-кун хăвăртлатса пырать. Х. Нигматуллин, Г. Асадуллина ертсе пыракан уй-хир бригадисем механизаторсемпе пĕрле ĕçлесе 50 гектар ыраш акнă. Николаев бригадинчи трактористсем тырă акмалли нормăна ирттерсе тултараççĕ.

«Красная Чувашия», «Ударник» тата ытти ялхуçалăх артелĕсенче те кĕрхи тырăсем акма тытăнчĕç.

Редактор заместителĕ М. Н. ЯКИМОВ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 09307 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.